*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*




# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 27 (20160) • Кĕçнерникун, 1990 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## *Суйлав умĕн*

КАÇАЛХИ МАРТĂН 4-МĔШĔНЧЕ
СУЙЛАВ УЧАСТОКНЕ КАЙСА,
РСФСР, ЧĂВАШ АССР
ТАТА ВЫРĂНТИ СОВЕТСЕН
ХАЛĂХ ДЕПУТАЧĔСЕМ ЧАННИПЕХ
КАМСЕМ ПУЛМА ТИВĔÇЛĔ
ПИРКИ ХĂМĂР ШУХĂША ТАТСА
КАЛИЧЧЕН ПĔР УЙĂХ ЫТЛАРАХ ÇЕÇ
ЮЛЧĔ. ÇАВĂНПА ХАЛĔ,
КАНДИДАТСЕМПЕ
ПАЛЛАШНĂ ВĂХĂТРА, ХУМХАНАТПĂР:
МĔНЛЕ ÇЫНСЕМ ВĔСЕМ?
ХĂШĔСЕМ ШАНĂÇА ТӲРРЕ КĂЛАРМА —
ХАЛĂХА ПЕТĔÇТЕРСЕ, ЯПĂХЛĂНСА
КАЙНĂ ПУРНĂÇА
ÇĔНЕТСЕ ЛАЙĂХЛАТАССИШĔН
КĔРЕШЕВЕ ÇĔКЛЕМЕ ПУЛТАРАÇÇĔ?
ТЕПĔР МАЙЛА КАЛАСАН,
ХĂВСЕМ ÇИНЕ ОТВЕТЛĂХА ЯЛМЕ,
ĔÇЕ КИРЛĔ-ПЕК ЙĔРКЕЛЕМЕ
ĂС, ВĂЙ ÇИТЕРĔÇÇĔ-И?

Çак пăшăрханулă сăмахсене итлене хыççăн çапла шутласа илтĕм: çӳлтен хушасса-каласса кĕтсе тăма çав-çавах пăрахман-ха эпир, пиренĕн такамсем шутласса, депутата суйлама кандидат тупса парасса кĕтетпĕр. Политика ĕçĕнче çеç мар, производствăра та çиçĕнет çав туртăм. Калăпăр, çĕнние, усăллине хамăр шырамастпăр, пуçлăхсем кăтартса парасса, тума хушасса шанса пурăнатпăр. Çĕнетӳ пуçланнăранпах парти пире производствăра та, общество пурнăçĕнче активлăрах пулма чĕнет, çав тĕллевпе уççăнлăхпа демократие анлăн сарса ячĕ. Анчах экономикăпа социаллă пурнăçри улшăнусемпе ăнăçлăх хамăртан килнине эпир çав-çавах кирлĕ таран ăнланса çитерейместпĕр-ха, çитменлĕхсемпе килĕшсе тăратпăр.

Суйлавçăсен хăйсен те активлăх кăтартмалла. Шупашкарти Складской проезд урамĕнчи 7-мĕш çуртра пурăнакан В. Мокрановпа калаçрăм. Çемйипе çичĕĕн. Иртнĕ суйлавра майĕпе çеç суйлава пыма чĕнсе хут ячĕç, тет. Агитаторсем ытти çынсене чĕнме «мăнса кайнă» пысăк çитменлĕх енте. Анчах Валентин Васильевичăн, çуллăнă май йĕркене лайăх пĕлекен çыннăн, мĕншĕн суйлав участокне кайса хăйсене суйлавçăсен списокне кĕртиннепе кĕртменнине тĕрĕслемелле пулман?

## *Пĕрле калаçăр-ха*

# ХАМĂРТАН КИЛЕТ

Халăх депутачĕсемпе паллаштарас ĕçре, паллах енте, суйлавçăсене пулăшу кирлĕ. Агитаторсемпе политинформаторсем, ытти идеологи активĕ, массăллă информаци хатĕрĕсем, округсемпе хуласенчи, районсенчи, поселоксемпе ялсенчи суйлав комиссийĕсем пулăшмалла. Çитес суйлав парти органĕсем влаçа Советсене мĕн таран панине кăтартса парать. Çавăнпа халĕхи вăхăтри политика ĕçĕ пирсăнлăнчен те ответлăрах. Çавна тивĕçлипе шута илнĕ-и? Татсах каламалла — çук, шута илмен. Вырăнти политика ĕçне йĕркелесе пыракан орган пулса тăнă çĕртех парторганизацисенчен чылайăшĕ êлĕкхи сулăмпах пырать, хальхи вăхăтра обществăри лару-тăру та, çынсем те пачах урăхлине асра тытмасть. Депутата суйлама кандидатсем суйласа илнĕ вăхăтрах хашпĕр çĕрте çынсене хăйсен шухăшкăмăлне туллин палăртма май туса пама тăрăшмарĕç. Сăмахран, Шупашкарти В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнчи паркома илĕпĕр. РСФСР тата Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлама кандидатсем тăратнă чух ку ответлăран та ответлă ĕçе суйлавçăсене май килнĕ таран ытларах хутшăнтарассишĕн тăрăшни пулман. Калăпăр, «Ровесник» Культура çуртĕнче пуху ирттернĕ [illegible] тăратнă чухне [illegible] общественность представителĕсем те, цехсен работникĕсене те шала кĕртмен. Ыйтас килет: мĕншĕн пуххăва халăх чылай ытларах [illegible] «Салют» Культура çуртĕнче ирттермелле пулман? Ĕлĕкхиллĕх хăтланни мар-и ку — депутата суйлама кандидатсем тăратнă чух та пуххăва пит лапкăн, [illegible] çеç ирттерме хăтланни, халăх [illegible] пĕлме тăрăшманни?

В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство [illegible] суйлав умĕнхи [illegible]

Çак шухăша малалла тăсса, тата акă мĕн çинчен калас килет. Чăннипех те çĕнлĕме пултаракан çынсене суйласа илессишĕн халĕ — кандидатсемпе тĕл пулнă чух — уйрăмах тăрăшмалла. Пухусенче тĕл пулнă вăхăтра кандидатсен платформипе паллашнă, вĕсен сăмахне итленĕ май, хăшĕ мĕнле çын иккенне уççăнах курма пулать. Анчах тĕлпулусене кашни суйлавçăх хутшăнаймасть. Çавăнпа депутата суйлама кандидата тăратнă çынсен пурнăç çулĕпе, ĕçĕ-хĕлĕпе, платформипе тĕплĕн паллаштарас ĕçре агитаторсен, ытти идеологи работникĕсен ролĕ пысăк. Çапла пĕлсе тăрсах Çĕрпӳ районĕнче хăшпĕр парторганизацисем агитколлективсене вăхăтра йĕркелемен, теприсене ячĕшĕн çеç туса хунă. Агитколлективсем хăйсен кулленхи ĕçĕнче общество пурнăçĕнчи хальхи уйрăмлăхсене шута илмеççĕ. КПСС обкомĕн бюровĕн ларăвĕнче сӳтсе явнă чухнех районти агитаторсенчен чылайăшĕ суйлав умĕнхи политика ĕçне пуçăн[illegible] парторганизацийĕсене суйлав умĕнхи [illegible] ру [illegible] хăйĕн майĕсемпе кирлĕ пек пулăшмасть.

Уйăхĕнхи вăхăтри суйлавсемпе танлаштарсан, пĕлтĕрне kaçалхи тĕпрен уйрăлса тăрасçĕ. Пĕтĕм влаçа парти Советсене панă май, суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче уççăнлăхпа демократи — тĕп вырăнта. Çĕнĕ йĕрке суйлавçăсене хăйсен кандидачĕсемпе пĕр чармавсăр агитацилеме ирĕк парать. Пухусемпе митингсем ирттерме çуртсем уйăраççĕ, суйлав умĕнхи агитаци ĕçне туса пыма массăллă информаци хатĕрĕсемпе усă курма майсем туса пареççĕ. Суйлавçăсен депутата суйлама тăратнă кандидатсен политикăпа ĕçри пахалăхĕсене [illegible] сӳтсе явма пулăшаççĕ. [illegible]

### *Вулакан шухăшĕ*

# Пуш сăмах ăстисем

ХАЛĔ МАССĂЛЛĂ ИНФОРМАЦИ ХАТĔРĔСЕНЧЕ СУЙЛАВ ПИРКИ НУМАЙ ÇЫРАÇÇĔ. «КУ СУЙЛАВ ЧĂН-ЧĂН ДЕМОКРАТИЛЛĔ СУЙЛАВ ПУЛАТЬ», — ТЕНИНЕ ЧАС-ЧАСАХ ИЛТМЕ ПУЛАТЬ. АНЧАХ СОВЕТСЕНЕ СУЙЛАМА ТĂРАТНĂ КАНДИДАТСЕМ, КАНДИДАТСЕНЕ ТĂРАТМАЛЛИ ЙĔРКЕ ЧЫЛАЙ ШУХĂШЛАТТАРАТЬ ПИРЕ, СУЙЛАВÇĂСЕНЕ.

«СОВЕТА чи лайăх, пултаруллă çынсене суйлăпăр», — тесе хавхалантараççĕ. Çавăн пекех пулĕ-ши? Манăн, Аслă Отечественнăй вăрçа ветеранĕн, ку вăл çамалттайланса сăмах ваклани çеç тесе каламалла тĕрлĕрен сăлтавсем пур.

Акă, Чăваш АССР депутачĕ пулма Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн генеральнăй директорне Капитонова кандидата тăратрĕç. Ыйтас килет: Капитоновсăр пуçне, пирĕн Шупашкарта урăх çын çук-ши? Темиçе уйăх каялла вăл СССР халăх депутатне суйлама тăратнăччĕ. Суйлавçăсенчен ытларахăшĕ ăна хирĕç сасăларĕçке. Çакна манма елкĕрчĕç-им? Куратпăр енте, халĕ те халăха «хăйсен кандидачĕсене» сĕнес йăла пирĕн хушăра пĕтмен-ха. Çав йăлана пулах вырăнти Советсене предприятисен пуçлăхĕсене, чăвашсе[illegible] суйласа ирĕççĕ. Лешĕ вара, вырăнти условисене [illegible] менеджерсем, апла та, капла та туса парассĕ, хуçалăхсене [illegible] юхăнтарса ярассĕ. Чăваш халăхĕ çине урла пăхни те тĕл пулать. Вĕсем чăваш культурипе интересленмеççĕ.

Шупашкар хулинче хула тата виçĕ район Совечĕ пур. Çав Советсен пуçлăхĕсенчен пĕри çеç чăваш. Ман шутпа, çавăн пак хула тата Калинин, Ленин районĕсен Совечĕсем хула хуçалăхне пĕтĕмпех юхăнтарса ячĕç. Ку районсене пурăна[illegible]

## — ĂМĂРТУРА МАЛТА ПЫРАКАНСЕМ —

# Пысăк тĕллев

Çĕрпӳ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх пăхаканĕсем пĕлтĕр сĕт-çу туса илессине палăрмаллах ӳстернĕ. Районти вунпшар доярка кашни ĕнерен 4 пин килограмм ытла сĕт суса илме пултарнă. Пархатарлă юхăм анлăн сарăлса пырать. Çак кунсенче совхоз-техникумри, ялхуçалăх сăнав станцийĕнчи тата ытти хуçалăхсенчи дояркăсем кашни ĕнерен талăкра 10 килограмран кая мар сăваççĕ.

Аркадий Иванов (сӳлти ӳкерчĕк) совхоз-техникумăн Анатри Кипекçери сĕт-çу ферминчи слесарь-оператор. Кунта 200 ĕне. А. Иванов ĕçе аван йĕркеленĕ. Сĕт пăрăхĕсене тата фермăри ытти оборудование йĕркеллĕ тытать, вăхăтра юсать. Çак фермăри Анна Шугулева, Вера Николаева, Александра Максимова тата Рева Иванова дояркăсем кашни ĕнерен тăватă пин килограмм ытла сĕт суса илнĕ.

Аялти ӳкерчĕкре — Чăваш ялхуçалăх сăнав станцийĕн Лапра ферминчи Нина Павлова доярка, Эльвира Васильева зоотехник, Нина Андреева доярка, Ангелина Андреева бригадир тата Ольга Емельянова зоотехник. Вĕсем те пысăк ĕмĕтпе ĕçлеççĕ.

С. ИГНАТЬЕВ.
Фотоӳкерчĕкĕсем авторăн.





ОБЛПРОФСОВЕТĂН ОТВЕТЛĂ РАБОТНИКĔСЕМ ĔÇÇЫННИСЕНЕ 1990 ÇУЛХИ ФЕВРАЛЬТЕ ЙЫШĂНМАЛЛИ

## ГРАФИК

| Йышăну кунĕ | Ячĕ, ашшĕ ячĕ, хушамачĕ | Кам пулса ĕçлет |
| --- | --- | --- |

ЧĂВАШ АССР МИНИСТРСЕН СОВЕЧĔН ОТВЕТЛĂ РАБОТНИКĔСЕМ 1990 ÇУЛХИ ФЕВРАЛЬТЕ ĔÇÇЫННИСЕНЕ ХАРПĂР ХĂЙ ЫЙТĂВĔСЕМПЕ ЙЫШĂНМАЛЛИ

## ГРАФИК

| Кунсем | Ячĕ, ашшĕ ячĕ, хушамачĕ | Кам пулса ĕçлет |
| --- | --- | --- |

[illegible] малла. Çитес суйлав парти органĕсем [illegible]. Советсене мĕн таран пайне катартса парать. Çавăнпа халĕхи вăхатри политика ĕçе вих. Çапла [illegible] ответлăрах. Çавна тивĕçлĕ çынсене те ответлăрах. Çавна тивĕçлĕ шута шута илмĕ-и? Татсах каламалла — çук, шута илмен. Выранти политика ĕçне йĕркелесе пымалли парторганизаракан орган пулса тăнă çертех парторганизацисен чăлайĕшне елекхи суламрах тырать, халĕхи вăхатра обществри лару-тару та, çынсем те нумай урăхлане асра тытмасть. Депутата суйлама кандидатсем суйласа илмĕ вăхăтрах кашнĕр çĕрте çынсене хăйсен шухăшĕсене туллин палăртма май туса пама тăрăшмарĕç. Сăмахран, Шупашкарти В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕн парткома пленĕр. РСФСР тата Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлама кандидатсем тăратнă чух ку ответлăрах та ответлă ĕçе суйлавçăсене май килнĕ таран ытларах хутшăнтарассипе тăрашнă пулман. Калăпăр, [illegible] [illegible] чух, çынсем нумай кĕрĕшсе [illegible], пĕтĕм сем пăтне хурал тăратса тухнă, Чапаевски поселокри микрорайонти общественность представителĕсене те, пичет работникĕсене те шала кĕртмен. Ыйтас килет: мĕншĕн пухăва халăх чылай ытларах шăнăçакан «Салют» Культура çуртĕнче ирттерме пулман? Елĕкхиллех хăтлании мар-и ку — депутата суйлама кандидатсем тăратнă чух та пухăва питтĕ лăпкăн, ятне тумалла çеç ирттерме хăтлании, халăх шухăш-кăмăлне итлесе пĕлме тăрăшмании?

В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнчи партком суйлав умĕнхи политика ĕçне мĕнле витĕм кÿни пирки шутлатăн та çакна та калас килет: суйлав умĕнхи пухусем куна производство канашлавĕ евĕр, çынсене хăйсен шухăш-кăмăлне туллинрех пасартмалли вырăн тесе ниепле те калаймастăн. Чернышевски 60-мĕш суйлав округĕ тарах Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ халăх депутачĕ суйлама кандидатсем тăратнă чух каллех пухăва хăйхи пĕчĕк «Ровесник» Культура çуртĕнчех ирттерĕ. Ку округри суйлавçăсем çуртне яхăн çĕнĕ микрорайонта пурăнакансем пулни те, заводра ĕçлекенсене кăна чĕнни. Нуху хăçан пуласси çинчен пĕлтерÿ те çакман. Кандидата тăратнă çынсенчен пĕрин пуху пăхатĕнче Мускав район Совечĕн сессине каймаллине. Кандидатсене пухура хăйсен программипе паллаштарма пĕр пек май туса паман.

Çакан пек ĕç суйлавçăсен активлăхне ÿстерме пулăшать-и-ха? Паллах, çук. Вĕсен шухăш-кăмăлне шута илменни çынсене хисеплеменнипе пĕрех. Уççăнлăхпа демократие аталантарас, вĕсен майĕпе туллин усă курса; çынсен производствари, общество пурнăçĕнчи активлăхне ÿстерес тесе хальхи вăхăтра уйрăмах тăрăшатпăр. Çав-çавах командăпа административа меслетсемпех ĕçлесе, халăха çĕнетеве çирĕп ĕненсе тăма чармастпăр-и? Шанăçне çухатмастпăр-и?

Çапла шутлама сăлтав пур. Нумаях пулмасть Шупашкарти Пĕрремĕш Якимовски урамра 27-мĕш çуртра пурăнакан Л. Трушинăпа калаçма тÿр килчĕ. Халăх депутатне суйлама кандидатсем тăратасси пĕçленни чылай пулать — вăл хăйсен округĕнче камсене кандидата тăратнине пĕлмест. Иртнĕ суйлавра та СССР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнине суйлав кунĕччченех пĕлмен. Çавна май Л. Трушина акă мĕн каларĕ: мĕншĕн апа та, асăннă урамра пурăнакан ытти çынсене те депутата суйлама камсене кандидата тăратнине вăхăтра пĕлтермеççĕ?

Çак шухăша малалла тăсса, тата [illegible] çинчен калас килет. Чăннипех те ĕçлеме пултаракан çынсене суйласа илессишĕн халĕ — кандидатсемпе тĕл пулни чух — уйрăмах тăрăшмалла. Пухусенче тĕл пулнă вăхăтра кандидатсен платформипе паллашнă, вĕсен сăмахне итлени май, хăшĕ мĕнле çын иккенне уççăнах курма пулать. Анчах темпулусене кашни суйлавçах хутшăнаймасть. Çавăнпа депутата суйлама кандидата тăратнă çынсен пурнăç çулĕпе, ĕç-хĕлĕпе, платформипе тĕплĕн паллаштарас ĕçре агитаторсен, ытти идеологи работникĕсен ролĕ пысăк. Çавна пĕлсе тăрсах Çĕрпÿ районĕнче хашнĕр парторганизацисем агитколлективсене вăхăтра йĕркелесе, вĕсен теприсене ячĕшĕн çеç туса хунă. Агитколлективсем хăйсен кулленхи ĕçĕнче общество пурнăçĕнчи хальхи уйрăмлăхсене шута илмеççĕ. КПСС обкомĕн бюровĕн ларăвĕнче [illegible] районти агитаторсенчи [illegible] [illegible] мап. «Пелÿ» обществăн районти организацийĕ парторганизацисене суйлав умĕнхи аналитару ĕçĕнче хăйĕн майĕсемпе кирлĕ пек пулăшмасть.

Уйчченхи вăхăтри суйлавсемпе танлаштарсан, пĕлтерĕве кăçалхи тĕпрен уйрăлса тăрасçĕ. Пĕтĕм влаçа парти Советсене пана май, суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче уççăнлăхпа демократи — тĕп вырăнта. Çĕнĕ йĕрке суйлавçăсене хăйсен кандидачĕсемшĕн пĕр чăрмавсăр агитацилеме ирĕк парать. Пухусемпе митингсем ирттерме çуртсем уйăраççĕ, суйлав умĕнхи агитаци ĕçне туса пыма массăллă информаци хатĕрĕсемпе усă курма майсем туса параççĕ. Суйлавçăсен депутата суйлама тăратна кандидатан политикăпа ĕçри пахалăхĕсене пур енчен те сÿтсе явма пултараççĕ. Пухусенче, пичетре, телевиденипе радио передачисенче кандидатсене ырласа е вĕсене хирĕç калама право пур. Паллах ĕнтĕ, ырлани те, критика та тĕрĕс пулма тивĕçлĕ. Кÿрентерессн, ята вараласси ан пултăр. Кун пек меслет политика ĕçĕнче уйрăмах киревсĕр. Çавна май суйлавçăсен акă мĕн пĕлмелле: ирĕксĕрлесе, улталаса, хăратса е урăх майпа усă курса, гражданĕсене халăх депутатне суйламалли тата суйланмалли правăва ирĕклĕн усă курма чăрмантаракансене законпа çирĕплетнĕ йĕркепе ответ тыттараççĕ. Çавăн пекех депутата суйлама тăратнă кандидат пирки пичет урлă е урăх майпа суя сăмах саракансен те Закон тăрăх ответ тытма тивет. Çакна агитаторсен суйлавçăсене тĕплĕн ăнлантарса памалла.

Суйлав вăл — халăхăн анлăран та анлă сийĕсемшĕн демократи шкулĕ, политика культурине вĕренмелли шкул. Государство влаçĕн тĕрлĕ шайри органĕсене депутатсем — хамăра малашне ертсе пыма тивĕçлĕ çынсем — суйласа илнĕ май, пирĕн вĕсен организаторла пултарулăхĕпе çĕнĕлĕх туйăмĕ, çĕршывпа халăх умĕнчи ответлăхĕ, пуçарулăхĕ пуррине çуккине палăртмалла, çавна халь пĕлсе, суйлавра йăнăшмалла мар. Папăшрăмăр, тĕрĕс мар турăмăр-тăк, тÿрлетме чылай йывăртарах, вăхăт та кирлĕ.

Тепĕр хут калас килет: депутата суйлама тăратнă кашни кандидат пиркиех паян, ырана хăвармасăр, пурте тĕплĕн шутласа пăхар, суйлава кашнинех хутшăнса, хамăран татăклă сăмаха калар. Ку вăл çĕнетÿ çĕнтертĕр, пирĕн пурнăçа лайăхлаттăр тесе тунă ĕç пултăр.

**И. МАТРОСОВ,**
**редакцин идеологи пайĕн заведующийĕ.**

ма терлерен сăлтавсем пур.

Акă, Чăваш АССР депутачĕ пулма Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн генеральнăй директорне Капитонова кандидата тăратрĕç. Ыйтас килет: Капитоновсăр пуçне, пирĕн Шупашкарта урăх çын çук-им? Темиçе уйăх каялла ăна СССР халăх депутатне суйлама тăратначчĕ. Суйлавçăсем ытларахăшĕ ăна хирĕç сасăларĕçке. Çакна манма ёлкерчĕç-им? Куратпăр ĕнтĕ, халĕ те халаха «хăйсен кандидачĕсене» сĕнес йăла пирĕн хушăра пĕтмен-ха. Çав йăлапа пулах вырăнти Советсене предприятисен пуçлăхĕсене, [illegible] [illegible] мар, [illegible] сене суйласа яраççĕ. Лешсем вара, вырăнти условисене пĕлменскерсем, апла та, капла та туса пăхаççĕ, хуçалăхсене ниăхтарса, юхăнтарса яраççĕ. Чăваш халăхĕ çине урла пăхакан те тĕл пулать. Вĕсем чăваш культурипе интересленмеççĕ.

Шупашкар хулинче хула тата виçĕ район Совечĕ пур. Çак Советсен пуçлăхĕсенчен пĕри çеç чăваш. Ман шутпа, çавнпах хула тата Калинин, Ленин районĕсен Совечĕсем хула хуçалăхне пĕтĕмпех юхăнтарса ячĕç. Ку районсенче пурăнакансем пуçлăхсем çине шанчăксăррăн пăхаççĕ. Пăшăрханма сăлтав пур. Хашпĕр ыйтусене темиçе çул татса параймаççĕ. Пĕр тĕслĕх илсе кăтартăм. Ленин райĕçтăвком председателĕ Л. Шимин икĕ çул каялла Хусанкай урамĕнчи 25-мĕш çурт умĕнчи автобус остановкине çÿлерех куçарăпăр тесе сăмах пачĕ, анчах паянччченех вăл хăйĕн вырăнĕнчех.

Нумай пулмасть вырăнти радиопа Калинин райсовечĕн председателĕ И. Баскаков тухса каларĕ. Районти предприятисем, вăл каланă тăрăх, плансене ирттерсе тултарнă. Халăх валли 20 процент нумайрах тавар кăларнă. Пирĕ вăл сăмах çапла мар, магазинсенче пурри кирлĕ. Вĕсем вара хăçан пуласси те паллă мар.

Л. Шиминпа И. Баскаков пек хитре калаçакансем пирĕн хулара сахал мар-ха. Пире чылай çулсем хушши çукран пур туса лăплантарса пурăнчĕç. Çынсем ун пеккисене пĕлсе çитрĕç. хальхинче халăхшăн тăрăшакансене кăна Советсене суйлăпăр.

**Г. НИКИФОРОВ,**
**ĕç тата вăрçă ветеранĕ.**

**ОБЛПРОФСОВЕТĂН ОТВЕТЛĂ РАБОТНИКĔСЕМ ĔÇÇЫННИСЕНЕ 1990 ÇУЛХИ ФЕВРАЛЬТЕ ЙЫШĂНМАЛЛИ**

# ГРАФИК

| Йышăну кунĕ | Ячĕ, ашшĕ ячĕ, хушамачĕ | Кам пулса ĕçлет |
|---|---|---|
| 19 | В. П. Петин | Председатель |
| 5 | Л. Г. Захаров | Секретарь |
| 26 | В. В. Хомскова | Секретарь |
| 12 | П. В. Ивантаев | Секретарь |
| 14 | В. А. Алексеев | Оргинструкторски пайĕн заведующийĕ |
| 1,17 | В. Д. Пискунов | Производствăлла-массăллă ĕçпе ĕç укçи пайĕн заведующийĕ |
| 2,16 | И. М. Лепехов | Воспитани ĕçĕпе культура тата спорт пайĕн заведующийĕ |
| 9,23 | Л. Н. Гаврюничева | Ĕçĕн право инспекцийĕн заведующийĕ |
| 6,21 | Г. А. Ямолдин | Ĕç сыхлавĕн пайĕн заведующийĕ |
| 3,20 | С. Н. Сергеев | Государство социаллă страховани пайĕн заведующийĕ |
| 10 | В. П. Бляблин | Пурăнмалли çурт-йĕрпе йăла пайĕн заведующийĕ |
| 13,24 | Н. Ф. Васильев | Финанс пайĕн заведующийĕ |
| 7,22 | А. А. Андреев | Контрольпе ревизи пайĕн заведующийĕ |
| 15,27 | П. Г. Мурайкин | Юрист консультацийĕн заведующийĕ |
| 28 | И. П. Белков | Çырусем тата ĕççыннисене йышăнакан пай заведующийĕ |
| 8 | А. А. Арсентьев | Ĕççен управляющийĕ |

Ĕççыннисене çак вăхăтра йышăнаççĕ: ĕç кунĕсенче — 14 сехетрен пуçласа 19 сехетчен, шăматкунсенче — 9 сехетрен пуçласа 14 сехетчен.

Пайсем ĕç кунĕсенче 9 сехетрен пуçласа 18 сехетчен йышăнаççĕ.

Облпрофсоветпа 23-04-31 телефонпа тÿрремĕн çыхăнма пулать. Вăл талăкĕпех ĕçлет.

**ЧĂВАШ АССР МИНИСТРСЕН СОВЕЧĔН ОТВЕТЛĂ РАБОТНИКĔСЕМ 1990 ÇУЛХИ ФЕВРАЛЬТЕ ĔÇÇЫННИСЕНЕ ХАРПĂР ХĂЙ ЫЙТĂВĔСЕМПЕ ЙЫШĂНМАЛЛИ**

# ГРАФИК

| Кунсем | Ячĕ, ашшĕ ячĕ, хушамачĕ | Кам пулса ĕçлет |
|---|---|---|
| 1. | Г. В. Степанов | Халăха вĕрентес ĕç, культура, сывлăха сыхлас тата социаллă пулăшу парас ĕç пайĕн тĕп специалисчĕ. |
| 2. | Ю. К. Никандров | Промышленность пайĕн заведующийĕ |
| 3. | П. М. Митрофанов | Министрсен Совечĕн Ĕçĕсен управляющийĕ |
| 5. | Р. И. Еруспанова | Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ. |
| 7. | В. М. Герасимов | Агропромышленность комплексĕн пайĕн тĕп специалисчĕ. |
| 8 | М. Г. Андронов | Капитальнăй строительствăпа пурăнмалли çурт-йĕр тата коммуналлă хуçалăх пайĕн заведующийĕ. |
| 9. | Ю. К. Никулин | Советсен ĕç тăвакан органĕсен ыйтăвĕсемпе ĕçлекен пай заведующийĕ. |
| 10. | В. А. Агафонов | Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ. |
| 12. | Н. А. Зайцев | Министрсен Совечĕн председателĕ |
| 14. | Г. Я. Стексов | Суту-илÿ, йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕç, транспорт тата çыхăну пайĕн заведующийĕ |
| 15. | В. М. Герасимов | Агропромышленность комплексĕн пайĕн тĕп специалисчĕ. |
| 16. | Ю. К. Никандров | Промышленность пайĕн заведующийĕ. |
| 17. | П. М. Митрофанов | Министрсен Совечĕн Ĕçĕсен управляющийĕ. |
| 19. | А. С. Аверин | Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ. |
| 21. | Ю. К. Никулин | Советсен ĕç тăвакан органĕсен ыйтăвĕсемпе ĕçлекен пай заведующийĕ. |
| 22. | М. Г. Андронов | Капитальнăй строительствăпа пурăнмалли çурт-йĕр тата коммуналлă хуçалăх пайĕн заведующийĕ. |
| 23. | В. М. Герасимов | Агропромышленность комплексĕн пайĕн тĕп специалисчĕ. |
| 24. | Н. И. Кузнецов | Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ. |
| 26. | В. К. Койсаренко | Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ |
| 28. | Г. Я. Стексов | Суту-илÿ, йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕç, транспортпа çыхăну пайĕн заведующийĕ. |

Гражданĕсене Министрсен Совечĕн йышăну пÿлĕмĕнче, Советсен çуртĕн иккĕмĕш корпусĕнче, иккĕмĕш хутра — 223 пÿлĕмре йышăнаççĕ.

Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕсемпе, пай заведующийĕсемпе тата тĕп специалистсемпе çыхăну тытмалли телефонсем: 11 сехетрен пуçласа 13 сехетчен — 22-34-53, шăматкунсенче — 8 сехет çурăран пуçласа 10 сехетчен.

Йышăнăва пымашкăн малтанах 22-34-53 телефонпа шăнкăравласа çырăнмалла.

Йышăну вăхăчĕ: ĕç кунĕсенче — 14 сехетрен пуçласа 18 сехетчен, шăматкунсенче — 10 сехетрен пуçласа 14 сехетчен.

Февралĕн 13 тата 27-мĕшĕсенче 11 сехетрен пуçласа 18 сехетчен гражданĕсене пирĕн республикăра 1930—1940 çулсенчи танхăрта тата 1950 çулсен пуçламăшĕнче сăлтавсăрах хĕсĕрленине пула инкек тÿснисен ыра ятне таврăас енĕпе ĕçлекен комисси членĕсем йышăнаççĕ.

# АГРОНОМСЕН КОНФЕРЕНЦИЙĔ

**РЕСПУБЛИКĂРИ ÇĔР ĔÇЧЕНĔСЕМ ИРТНĔ ÇУЛ КАШНИ ГЕКТАРТАН 18,9 ЦЕНТНЕР ТĔШТЫРĂ, 105 ЦЕНТНЕР ÇĔРУЛМИ, 139 ЦЕНТНЕР ПАХЧАÇИМĔÇ, 436 ЦЕНТНЕР ВЫЛЬĂХ КĂШМАНĔ, 300 ЦЕНТНЕР СИЛОСЛĂХ КУЛЬТУРĂСЕМ, 11 ЦЕНТНЕР ХĂМЛА ПУХСА ИЛНĔ. НУМАЙ РАЙОН, КОЛХОЗПА СОВХОЗ, ÇАВĂН ПЕКЕХ, РЕСПУБЛИКА ТА, МАЛТАН ПАЛĂРТНĂ ТĔЛЛЕВСЕНЕ ПУРНĂÇЛАЙМАН.**

ПЕЧĔК тухăç илнин сăлтавне çанталăк условийĕсемпе çеç ăнлантарни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Пĕр пек условисенчех, юнашар вырнаçнă хуçалăхсемпе районсенче тухăç тĕрлĕрен. Акă, Пĕнерĕç районĕнчи «Красный фронтовик» колхоз кашни гектартан 28,8 центнер тĕштыра пухса кĕртнĕ. Çав вăхăтрах çак районти «Новая сила» колхозра тухăç 9 центнер е виçĕ хут пĕчĕкрех пулнă.

Республикăри колхозсемпе совхозсене гектар пайне мĕнле ÿстермелле? Усă курман резервсем пур-и? Çакăн çинчен калаçрĕç республикăри агрономсен икĕ кунă пынă наука-производство конференцийĕнче. Вăл январĕн 30—31-мĕшĕнче Шупашкарта, КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртĕнче пулса иртрĕ. Конференцие, кĕске сăмах каласа, республика Министрсен Совечĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ В. А. Агафонов уçрĕ. Вăл, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Указĕпе килĕшÿллĕн, Чăваш АССР апат-çимĕç тата продукци сутăн илес ĕç министрĕ пулма В. С. Краснова çирĕплетни çинчен пĕлтерчĕ.

Конференцире Çĕрĕç эффективлăхне тата уй-хир продукчĕсем туса илессине ÿстерес тĕллевпе умра тăракан задачăсене сÿтсе явнă.

«Подмосковье» наука-производство пĕрлешĕвĕн пай заведующийĕ, ялхуçалăх наукисен докторĕ К. И. Саранин çĕр ĕçĕнче тапрана хÿтелемелли системăна çĕнетсе улăштармалли çул-йĕр, çак пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕн заместителĕ В. Г. Егоров ялхуçалăх культурисем акса ÿстермелли машинăсемпе, машина-трактор паркĕсемпе тухăçлăрах усă курасси çинчен каласа пачĕç.

Тапра пулăхне ÿстермелли çул-йĕрпе минераллă удобренисен ыйтăвĕпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри проектпа технологи наука тĕпчев институчĕн директорĕ, ялхуçалăх наукисен докторĕ Н. П. Кузнецов, тăпра кăпкалатмалли технологирн çĕнĕлĕхсемпе Ульяновскри ялхуçалăх наука-тĕпчев институчĕн çĕрĕç пайĕн заведующийĕ К. И. Карпович паллаштарчĕç.

Чăваш ялхуçалăх институчĕн кафедра заведующийĕ, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Г. К. Алексеев, çак институтăн çĕрĕç кафедрин заведующийĕ, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ А. Г. Ванифатьев республикăра тĕштырă тухăçне ÿстермелли резервсем çинче чарăнса тăчĕç.

Чăваш ялхуçалăх сăнав станцийĕн аслă наука сотрудникĕ, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ М. В. Владимиров çĕрулми тухăçне ÿстермелли резервсем çинчен каласа пачĕ.

Пĕрремĕш кун, çавăн пекех, Улатăрти совхоз-техникумăн главнăй агрономĕ, аренда коллективĕн руководителĕ Н. В. Крулькин, Пĕнерĕç райĕçтăвком председателĕн заместителĕ Г. Р. Яковлев хăйсен ĕçре пухнă опычĕпе паллаштарчĕç.

Иккĕмĕш кун конференцире выльăх апачĕ туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри наука-тĕпчев институчĕн директор заместителĕ, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ В. А. Ташкин лекци вуларĕ. Çак институтăн аслă наука сотрудникĕсем К. Н. Приваловăпа А. А. Панов улăх-çарансемпе интенсивлă усă курасси тата выльăх апачĕ хатĕрлемелли прогрессивлă технологи, ялхуçалăхне механизацилекен Пĕтĕм Союзри наука-тĕпчев институчĕ çумĕнчи «Выльăх кăшманĕ» наука-производство системин руководителĕн заместителĕ, техника наукисен кандидачĕ В. П. Юферов выльăх кăшманне индустри технологийĕпе туса илесси çинчен каласа пачĕç.

Белоруссири çĕрĕçпе выльăх апачĕ наука тĕпчев институчĕн аслă наука сотрудникĕсем биологи наукисен кандидачĕсем Н. Г. Сидорович тата Л. П. Барановская тĕштыра культурисен тухăçне ÿстерес ĕçри опычĕпе паллаштарчĕç.

Конференцире республикăри «Выльăх апачĕ» наукăпа производство системин руководителĕ, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ М. В. Фадеева, Чăваш ялхуçалăх институчĕн доценчĕ, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ И. Л. Пельцих, Етĕрне районĕнчи «Выльский» совхоз директорĕ Г. В. Федоров, Вăрмар районĕнчи «Ленинский», Шупашкар районĕнчи «XXV съезд КПСС» совхозсен главнăй агрономĕсем Ю. Н. Табаков, Ю. Г. Попов, тухса калаçрĕç.

Конференцие республикăри колхозсемпе совхозсен руководителĕсем, специалистсем, промышленность предприятийĕсенчи хушма хуçалăхсен руководителĕсем, ялхуçалăх институчĕпе сăнав станцийĕнчи ученăйсемпе наука сотрудникĕсем, совхоз-техникумсенчи преподавательсем, çĕрĕçпе çыхăннă ытти отраслĕсенчи специалистсем пухăннă.

Конференцире КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров тухса каларĕ. Конференци ĕçне республика Министрсен Совечĕн председателĕ Н. А. Зайцев, КПСС обкомĕн секретарĕ М. Я. Якимов хутшăнчĕç.

**С. КАРЯГИН.**

## Парти пурнăçĕ: çĕнетӳ çыннисем

# Тĕрĕс çулпа

КУСЛАВККА районĕнче тăхăр совхоз. Тăватă хуçалăхри парторганизацие хĕрарăмсем ертсе пыраççĕ. Çăмăл мар вĕсене хальхи кăткăс условисенче. Çапах та пултараççĕ, тăрăшаççĕ, пĕр-перинчен опыт илеççĕ. КПСС райкомĕн пĕрремĕш секретарĕпе Вениамин Осипович Ягудинпа тĕл пулса калаçрăм. Тăватă секретарьтен хăшĕ лайăхрах ĕçлет, тесе ыйтсан вăл çапла хуравларĕ:

**— Чи маттурри пирĕн «Волга» совхозри Нина Корниловна Иванова. Парти райкомĕн бюро членĕ. Вĕри чĕреллĕ, пурнăçа лайăх пĕлекен, çынсемпе ĕçлеме юрататакан, шухăшланан, шыраканн, пакине хăвăрт пурнăçа кĕртекен коммунист. Чăн-чăн парти ĕçченĕ вăл. Пленумсенче, канашлусенче час-часах тухса калаçать, бюро ларăвĕсенче ырă сĕнӳсем парать. Хăйне мăн никĕшмерĕ, ыттисем тĕрĕс мар туннине асăрхарĕ, туйрĕ пулсан, кусран ялама хăраса тăмасть. Тепĕр чухне парти райкомĕнче ĕçлекенсене те самаях тустарса илет. Тĕрĕс критиклет. Парти область организацийĕн тата районти парторганизаци конференцийĕсенче те сăмах илчĕ. Коммунистсен авторитетне, парти комитечĕсен кĕрешӳри пултарулăхне ӳстерес ыйтусемпе сивĕч калаçрĕ. Нина Корниловна ертсе пыракан парторганизаци — районта чи лайăххисенчен пĕри.**

**Çакна эпĕ «Волга» совхоза çитсен аванах туйса илтĕм.**

Нина Корниловна тин çеç «Заря» совхозран таврăннă. Кăмăллă хăй. Хавасланса мана çак хуçалăха мĕн сăлтавпа кайса килни çинчен каласа парать. Партком секретарĕ пулса унта Ольга Васильевна Антонова ĕçлет. Стаж нысăк мар унăн. Опыт сахалрах. Çăмăл мар парторганизаци секретарĕн ĕçĕ. Темĕн те пĕлмелле. Тепĕр чухне тĕрлĕрен кăткăс лару-тăрăва та кĕрсе ӳкетĕн. Халăхпа ĕçлеме, унпа пĕр чĕлхе тупма тӳсĕмлĕх, пултарулăх кирлĕ. Пулăшма сӳрет Нина Корниловна Энтри Пасарне, Ольга Васильевнăна партком секретарьне суйласанах туслă çыхăну тытма пуçланă. Парти райкомĕн бюровĕн членĕ пулнă май çакна вăл парти поручениййе вырăнне хурать. Сахал мар пулăшать çамрăк секретаре Нина Корниловна. Парти документĕсемпе мĕнле ĕçлемеллине вĕрентет, çынсемпе мĕнле вулламалли «парттăнлăхне» уçса парать, партин шалти демократине аталантарас ыйтусемпе канашсем парать, коммунистсен пухăвĕсемпе партком ларăвĕсем мĕнле иртнине тишкерет. Паян, акă, фермăри партгруппа ларăвĕнче пулнă, хăй те тухса калаçнă. Коммунистсене «Волга» совхозри партгруппăсен ĕçĕпе паллаштарнă. Ольга Васильевна Елчĕке хăй те темиçе хутчен пырса кайнă.

Парторганизаци шĕчĕк мар. 113 коммунист унта. Борис Мазыьков шофера хăмла ăсти Валентина Максимова — парти [illegible] Валентина Витальевна çулла хăмлалăхĕнче, хĕлле вара ансăмçура усăлнă, çĕвĕ пекарнĕн заведующийĕнче ĕçлет. Аллă çынна яхăн хĕлле халли ĕç тупнă. Сăмах май каласан, çамрăксене метапран сетка тăвас ĕçе те хутшăнтарнă.

Цехри организацисем пилĕк, партгруппăсем тăххăр. Отчетпа суйлав пухăвĕсем пысăк активлăхпа дискусси евĕр иртнĕ. Коммунистсем парти авторитет-

кӳме пулăшĕ. «Волга» совхозри парторганизацие опыт илме тăстан та килсе çӳреççĕ. Нумаях пулмасть, акă, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи парторганизаци секретарĕсем, парти райкомĕнче ĕçлекенсем пулнă. Кунта районти партгрупоргсем, цехри организацисен секретарĕсем, пропагандистсем, суйлав комиссийĕсен семинарĕсем интереслĕ, усăллă иртнĕ.

Хуçалăхра халăхпа тăрăшни кашни утăмрах сисĕнет. Социаллă пурнăç ыйтăвĕсене татса пама коммунистсем активлă хутшăнаççĕ. Елчĕкре ача сачĕ ĕçлет. Аманикре ăна кĕçех туса пĕтереççĕ. Мушарта çĕнĕ клуб ĕçе янă. Çамрăк çемьесем валли, тăкаксен пĕр пайне совхоз тӳлесе, суртсем тăваççĕ. Шупашкара та, Куславккана та автобуссем çӳреççĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли комплексра та, машина-трактор паркĕнче те сауна пур. Комплексра шăл врачĕ, терапевт ĕçлет. кĕçех совхоза ача врачĕ çитмелле. Кадрсем кунта пурте вырăнти çамрăксем. Совхоз шучĕпе халĕ аслă шкулсемпе техникумсенче вунпиллĕкĕн вĕренеççĕ. Пурте яла таврăнаççĕ вĕсем.

Нина Корниловна халăхпа ĕçлемелли тĕрлĕ формăсемпе анлă усă курать. Партком ларăвĕнче этем факторне анлă çул парас ыйтăва ятарлă сӳтсе явнă. Усси пур-и? Тӳрех калас пулать, сахал мар. Ĕç-пуç вĕçленсен, кашни ялтах урам уявĕ пулса иртет. Хĕрарăмсен советĕнче ĕçлекенсем килрен киле çӳреççĕ, чи тирпейлĕ çурта палăртаççĕ. Урам уявĕнче концерт, тĕрлĕ спорт вăййисем пулаççĕ, ачасене саванăçлă майпа ят хураççĕ, кĕмĕл тата ылтăн туйсем тăваççĕ. Нумаях пулмасть ватам шкул пĕтерисене, 11 çамрăка саванăçлă лару-тăрура рабочисен йышне илнĕ. Вĕсене асăнмалăх парнесем панă, яшсемпе хĕрсем çĕре юратма, ашшĕ-амăшĕн йăли-йĕркине малалла тытса пыма тупа тунă. Çулленех ĕçпе юрă уявĕ хаваслă иртет. Фольклор уявĕ пирки ял ĕçченĕсем халĕ те кăмăллă. Ытти çĕртен — Етĕрне, Шупашкар, Муркаш, Сĕнтĕрвăрри, Тăвай районĕсенчен те фольклор коллективĕсем килнĕ. Асăну кунне масарсенче иртерессе йăлапа кĕнĕ. Çĕнĕ йăла-йĕрке хаюллăн пурнăçа кĕрсе пырать. Çамрăксем саванăçлă лару-тăрура мăшăрланаççĕ. Совет Çарне каякансене пĕрле пухăнса ăсатаççĕ, çартан таврăннă çамрăксен кăçне интереслĕ ирттереççĕ. Пысăкрах ялсенче хĕрарăмсен совечĕсем йĕркеленĕ. Вĕсен воспитани ĕçĕнче пĕлтерĕшĕ пысăк. «Волга» совхозри пек вăйлă агиткультбригада таврара урăх çук, терĕç парти райкомĕнче. Музыка шкулĕ ĕçлет. 32 ача вĕренет унта. Вĕреннĕшĕн сурăрине совхоз тӳлет. Çул çитмен ачасен клубне уçнă. Тĕрлĕ секци ĕçлĕ вĕрентекен кружок уçма хатĕрлет. Халĕ чăваш литературине лекеççĕ. Çак пĕтĕм ĕçе партком сумĕнче йĕркеленĕ координаци совечĕ туса пырать.

—Касăлартнă амăшĕ, тĕрĕс [illegible]

мар, килти, çемьери пурнăç та интереслентерет ăна. Пĕррехинче мана эрех ĕçнĕ хыççăн курчĕ те пуçне çеç сулласа илчĕ, ятламарĕ, аса илтермерĕ, тем çав тери намăс пек пулса кайрĕ хама, çавăнтанпа «сылăха» кĕмен», — каласа парчĕ пĕр механизатор. «Тепĕр чухне кăмăл начаррине Нина Корниловна тăстан пĕлет, тейĕн. Кĕрсе тухать те хăвна ун хыççăн çамрăкланнă пекех туятăн. Пĕр-ик ăшă сăмах çеç калать, кăмăл уçăлать санăн. Çын чĕри патне çитме пĕлет. Маттур пирĕн секретарь», — ырласа калаçрĕ ун пирки ялти хисеплĕ çынсенчен пĕри, КПСС членĕ Валентин Павлович Айдаров пенсионер. «Халăхпа ĕçлеме пĕлет. Пуриншĕн те тăрăшать. Ялта ĕçлекен кирек хăш çын та ун кусĕ умĕнче, тейĕн. Савăнмасăр, хумханмасăр мĕнле чатăн: юлашки вăхăтра медицина учрежденийĕсенче ĕçлекенсене те сума суса пуçларĕç. Медицина работникĕсен кунĕнче пире питĕ лайăх чыслăрĕç. Унва Атăл хĕрринче ирттертĕмĕр. Совхоз директорĕ, партком секретарĕ, профком председателĕ, партком членĕсем пухăнса. Чи маттуррисене Хисеп грамотисем парĕç. Ушкăнпа сăн ӳкерттертĕмĕр. Килсене чĕрĕ чечек çыххисемпе таврăнтăмăр», — пĕр-пĕринпе тупăшсах аса илчĕç фельдшер пунктĕнче ĕçлекенсем. «Урасăр юлтăм эпĕ. Парти пухăвĕсене çӳрейместĕп. Çапах та парторганизацири лару-тăрăва пĕтĕмпех пĕлсе тăратăп. Коммунистсен пухăвĕ е партком ларăвĕ хыççăн ман пата Нина Корниловна кашнинче тенĕ пекех кĕр-

мĕлланас, каппайланас туйăм ан пултăр. Пытарма кирлĕ мар: çакă пурин те çитсех каймасть-ха. Ку вăл парторганизаци авторитетне чакарма та пултарать, партиллĕ юлташлăха сивĕн кӳрет. Партиллĕ юлташлăха çирĕплетмесĕр партин идейăпа организаци тĕлĕшĕнчи пĕрлĕхне сайлатма, партин шалти демократине аталантарма, коммунистсен тивĕçĕпе ответлăхне ӳстерме май çук. Çакна лайăх ăнланать Нина Корниловна.

«Хальхи кăткăс вăхăтра совхозра парти организацийĕн авторитечĕ мĕнле?» — тесе ыйтсан партком секретарĕ çапла ответлерĕ:

— Юлашки вăхăтра парти çинчен мĕн кăна каламаççĕ пулĕ. Вăл çĕршыва тĕрĕс мар çулпа янă, теççĕ. Ăна пĕтерсен, урăхла парти йĕркелеме сĕнекенсем те пур. Тепĕр майлă каласан, пирĕн çĕршывра ку таранччен мĕнле кăлтăксемпе çитменлĕхсем пулнă — ăна пĕтĕмпех парти çине йăвантарма пăхаççĕ. Çакăнпа килĕшме май çук. Тĕрĕс ĕнтĕ, çĕршыв историйĕнче йĕркесĕрлĕхсем сахал мар пулнă. Анчах çакăншăн парти çеç айăплă мар. Уйрăм руководительсене пула парти авторитечĕ самаях чакрĕ. Çакă пире, коммунистсене, пăшăрхантарать. Çапах та ĕç-пуç лайăхланасса шанатпăр. Çĕнетӳ процесне Коммунистсен партийĕ пуçларĕ-çке.

Пирĕн парторганизацие илсен вара халăх хушшинче ун авторитечĕ çук мар. Авторитет пуласси пĕр хамăртан çеç килет. Рабочисем кашни коммуниста обществăра, ĕçре, йăлара хăйне мĕнле тытнине [illegible]

са илтĕм. Степан Иванович Терентьев, пенсире пулин те, хăйĕн пĕтĕм вăй-халне, пултарулăхне совхоза татах та пуянрах, çирĕпрех тăвас тесе панă, хăй вăхăтĕнче кирек мĕнле ĕçре те ӳркенсе тăман, халăхпа пĕрле йывăрлăхсене çĕнтерсе пынă. Ывăлĕ те унăн, Петр Терентьев, ялти хисеплĕ çын. Ватам шкултан çеç вĕренсе тухнă. Анчах пĕлĕвĕпе, пултарулăхĕпе институт пĕтернĕ пĕр-пĕр çамрăкран та ирттерет. Юсав мастерскойĕн заведующийĕ вăл. Коммунист хăйне лайăх енчен çеç кăтартса панă. Туслă, пĕр-пĕринчен çирĕп ыйтакан коллектив туса хунă.

Е тата Рудольф Корнишкин, Валерий Терентьев, Николай Исаков трактористсем мĕнрен кая? Коммунист ячĕ вĕсемшĕн ялан ответлăха туйма, çĕннишĕн кĕрешме, халăх хисепне тивĕçлĕ пулма хушакан ят. Иван Петрович Воробьев столяр пирки ял çыннисем ырласа калаçрĕç. Ывăлĕ те ашшĕ пекех ĕçчен, сăпайлă, авторитетлă çамрăк. Николай Воробьева нумаях пулмасть парти ретне илнĕ. Аста шофер, шанчăклă юлташ. Социализмла Ĕç Геройĕн А. М. Зуевăн упăшки Николай Сергеевич хăмласă, пăру пăхакан Зоя Петрова, Людмила Жигарева хăмласă, вăрман ăсти Иван Чечеков, Юрий Кудряшов строитель, Николай Юркин механик... Ĕçпе чапа тухнă, коллективра хисеплекен, ушăн тăрăшакан, общество ĕçне активлă хутшăнакан, пур енĕпе те ырă тĕслĕх кăтартакан, ял халăхĕ

# ХУÇА ТУЙĂМĔ

**Вулакансем астăваççĕ пулĕ, иртнĕ çулхи августăн 23-мĕшĕнче пирĕн хаçатра «Забастовка хыççăн» материал пичетленнĕччĕ. Унта Шупашкарти агрегат заводĕнчи хурçă шăратакан цехĕнчи рабочисем забастовка ирттерни çинчен каласа панă. Унтанпа сур çула яхăн иртрĕ. Администраци хăйĕн сăмахне тытать-и! Рабочисен ыйтăвĕсене тивĕçтерчĕ-и! Шел, çак ыйтусем çине ответ кĕтсе илеймерĕмĕр, завод администрацийĕ, редакци хаçат урлă («Кам хăйнă!» 1989, ноябрĕн 1-мĕшĕ) тепĕр хут аса илтерчĕ пулин те, материалсене курмăш пулса ирттерсе ячĕ. Редакцие килекен çырусенче вара вулакансем хурçă шăратакансен паянхи ĕçĕ-хĕлĕпе тĕплĕнрех паллаштарма ыйтаççĕ. Çавна шута илсе, эпир хурçă шăратакан цехри стачка комитетне ертсе пынă Н.З. Курочкин сталевара сăмах парас терĕмĕр.**

Республика хаçатĕнче тухса калаçма ирĕк панăшăн пысăк тав. Ку пирĕн тĕллевсене уçăмлăрах палăртма, халăха ăнлантарса пама пулăшĕ. Массăллă информаци хатĕрĕсем пирĕн çинчен кĕскен çеç каласа пани питех те сахал, информаци çитменлĕхсĕрри халăхра тĕрлĕ сас-хура суратать. Пире: «Çĕршывра йывăр лару-тăру чухне ĕç укçи ӳстерме требовани лартни ытла та ăссăрла ĕç, сире укçа кăна кирлĕ», — текенсем пайтах пулчĕç.

Эпĕ пехра вунă çул ĕçлетĕп. Малтан формовщик ĕçне хăнăхрăм, кайран хурçă шăратма тытăнтăм. Вĕри кăмака умĕнче писĕхнисен шухăш-кăмăлне лайăх пĕлсе тăратăп темелле. Халĕ, ав, забастовка хыççăн, мана профком председательне суйларĕç. Сăмах май, стачка комитечĕнче ĕçленĕ В. Кормилицын, С. Чекин, В. Крыжановский, И. Чуплыгин, Ю. Борискевич, Н. Николаев, В. Маховиков тата М. Романов рабочисене те профком членне кĕртрĕç. Эпĕ çак улшăнусене командăпа администраци тытăмне аркатас тĕлĕшпе тунă ситĕнӳсенчен пĕри вырăнне хурса хаклатăп. Халĕ хамăр хуса, пĕтĕм ĕçе хамăрăн йĕркелесе пымалла.

Паллах, пирĕн тĕп тивĕç — рабочисен интересĕсене хӳтĕлесси. Шел пулин те, администраци забастовка комитечĕн требованийĕсене пурнăçласшăн çине тăрса ĕçлени сисĕнмест. Астăватăр пулĕ, ĕç укçине ӳстересси пирĕн тĕп ыйтусен шутĕнчеччĕ. Анчах ку тĕлĕшпе нимĕнле усăмлăх та çук-ха. Ăнланмалла мар пулса тухать. Социализмăн тĕп принципĕ — ĕçленине кура тӳлени. Тетпĕр пулсан, пурнăçра çавна мĕншĕн пăхăнмастпăр-ха? Тĕслĕхе пирĕн цеха илĕпĕр. Унăн проектпа пăхнă хăвачĕ — 110 пин тонна хурçă. Ку вăл çулталлăк хушшинче сăвăн чухлĕ металл шăратмаллине пĕлтерет. Юлашки çулсенче çак хăвата 2.5 хута яхăн ӳстертĕмĕр, ĕç укçи фончĕ вара кăшт кăна хушăнчĕ. Эппин, продукци калăпăшĕ хăвăртрах ӳснĕ, [illegible] сынсем ырми-канми ĕçленипе пулнă. Сав вăхăтрах пире администраци улталаса пурăннă. Кăна пĕр ӳстермесĕр калатăп. Цех плана тултараймасть тесе, сталеварсене капмалли кунсенче те, смена хыççăн та ĕçлеттеретчĕç. Тĕрĕссипе, пирĕн цех мар, завод плана тултараймасть ун чухне. Сакă сынсене тарăхтарман тетĕр-и? Тарăхтарнă,

çине пирĕн пекех е ытларах та илеççĕ. Ку йĕркесĕрлĕхпе килĕшсе пурăнас килмерĕ, çавăнпа кĕрешĕве çĕклентĕмĕр. Çук, ытлашши укçа сăптарса илме тĕллев лартман эпир, çĕршывра лару-тăру йывăррине те туятпăр. Ĕçшĕн тĕрĕс тӳлеччĕр — çавă канăç памасть цехри рабочисене.

Забастовка хыççăн администрацие килĕшӳ туса хатĕрленĕччĕ. Унта мĕн-мĕн

> ### *Рабочи трибуни*

пурнăçламаллине пунктсем тăрăх палăласа тухнă. Ĕç укçи расценкисене çĕнетсе улăштарасси еринпен пулса пырать. Сахал ĕç укçи ӳкекен ытлашши ĕç вырăнĕсене чанарса, укçа кăштах хушса парчĕç-ха. Цехра уйăхри ĕç укçи вăтамран 360—380 тенкĕпе танлашать. Эпир шутланă тăрăх, вăл икĕ хут ытларах пулмалла. Ку ыйтупа отрасльтен комисси те килсе кайнăччĕ. Комисси тунă пĕтĕмлетӳсем пире тивĕçтермерĕç. СССР Верховнăй Совечĕ ячĕпе тата СССР Еçлев государство комитетне коллективлă çыру та янăччĕ. Çак ĕç хăш инстанципе путланса ларчĕ-ши, пирĕн сĕнӳсем кăмăн сĕтел суптăхĕнче тусапланса выртаççĕ-ши? Нимĕн те паллă мар. Савăнпа Еçлев государство комитетне хамăрăн кайса килме тивет. Бюрократи чăрмавĕсене хамăр çине тăмасăр сирсе ывăтма май килмест пулас.

Аталанусăр тапхăрти инструкцисем хытах чăрмантарнине тепĕр тĕслĕхпе те çирĕплетме пулать. Эпир хурçă шăрататпăр, эппин сĕршыври металлургсене панă сăмăллăхсемпе усă курма тивĕçлĕ. Анчах машиностроени комплексĕнчи металлургсене ун пек çăмăллăхсем пама палăртман. Сăмахран, вĕсем 160 тенкĕрен кая мар пенси илме (пирĕн 130 тенкĕ) пултараççĕ, отпуск вăхăтне вăрăмлатнă. Стержень участокĕнчи рабочисем хăйсене сывлăхшăн сиенлĕ производствăн пĕрремĕш категорине кĕртме ыйтаççĕ. Çакă вĕсене пенсие вунă çул маларах тухма май парĕччĕ. Ку ыйтăва татса парассине сăлтавсăрах тăсса пыраççĕ. Участокра сиенлĕ апаласем нормăпа пăхнинчен 4—5 хут нумайрах. Тĕрен илсен, унта хĕрарăмсем ĕçлеççĕ. Оборудованине пăхса-юсаса таракап слесарьсем валли те сăмăллăх çук. Вĕсем халлĕхе тӳсеççĕ-ха, кайран мĕн патне пырса

халĕ тивĕçлĕ канăва тухакансене пĕр пин тенкĕ пама тытăнтăмăр. Заводра 25 çул ĕçленисем 5 ĕç укçи чухлĕ илеççĕ. Рабочисене апатланмалли 30 пуслăх тӳлевсĕр талонсем паратпăр. Малашне 60 пуслăх тӳлевсĕр талонсем çине куçасшăн. Премь памалли йĕркене çĕнететпĕр.

Сиенлĕ производство пулнă май, çынсен сывлăхне çирĕплетес ыйту питĕ сивĕч тăрать. Ытти çулсенче ку тĕлĕшпе хăшпĕр ĕçсем туса ирттернĕ-ха, анчах мĕн палăртни чылай чухне хут çинче юлнă. Мĕн пытармалли, йывăр условисенче професси чирĕпе чирлесе кайнисенчен хăтăлас шутпа вĕсене ĕçрен кăларса яни те пулнă. Çавăн çинчен уççăн калама хăранă.

Çынсем чирлесен вара хăрушла ӳсе пырать тенĕ пулăттăм. Халĕх çитĕ чан çапма, васкавлă мерăсем йышăнма вăхăт. Рабочисене пурне те медицина тĕрĕслевĕ витĕр кăлармалла, çак ĕçе пысăк специалистсене хутшăнтармалла. Унсăрăн цехра сывлăх тĕлĕшĕнчен лару-тăру çăнниппе мĕнле пулнине тĕпчесе пĕлеймĕпĕр. Кăна та пĕр ӳстермесĕр калатăп, мĕншĕн тесен рабочисен сывлăхĕ мĕнле шайра пулнипе тĕплĕн паллашнă хыççăн СССР халăх депутачĕ, Канаш районĕн тĕп больницин главнăй врачĕ Ф. Г. Григорьев çынсем чирлесси ӳсни пирки хăй питĕ пăшăрханнине палăртрĕ. Унăн пĕтĕмлетĕвĕ никама та савăнтарма пултараймасть. Кунта ыйтма пултараççĕ: «Сирĕн хăвăрăн поликлиника пур, мĕншĕн халăх депутачĕнчен пулăшу ыйтатăр?» Сапла, унти врачсене нимĕн чухлĕ те хурлас килмест, сапах та вĕсем ведомство интересĕсенчен иртейменнине пĕрре мар курнă. Пур енлĕ медицина тĕпчевĕ ирттерме тархасласа ыйтнине кура Горькири регионти медицина институтĕнчен пĕр паллă врач килсе кайни те чу ра иккĕленӳллĕ шухăшсем çуратрĕ. Медицина наукисен докторĕ В. Антонюженко пире конкретлă пулăшу парасса кĕтнĕччĕ — кăлăхах. Савăнпа Фирс Григорьевичран пулăшу ыйтрăмăр.

Стачка комитечĕн членĕсене администраци хĕсмест-и? Чылай чухне çапла ыйтаççĕ. Мĕн калас-ши? Эпир вĕри кăмака умĕнче тăракансен интересĕсене хӳтĕлетпĕр вĕсем — пире. Цех начальникĕпе Ю. Е. Ивановпа тавлашни те, хирĕçни те пулман мар. Кулленхи ĕçре тем те сиксе тухать. Пĕр япалапа тĕрлĕ куçпа пăхса хаклани сиксе çыхăнни ку. Çапах та эпир унпа ыйтусене пĕр-пĕр [illegible] хе тупса, татса пама тăрăшатпăр. Юрий Евдокимович хăй те рабочи йышĕнчен тухнă çын, çынсен хуйхи-суйхине пĕлет. Кирлĕ пулсан, ăна та хӳтĕлеме хатĕр эпир.

Сăмаха пĕтĕмлетсе, çакна калаттăм. Коллективра рабочисен интересĕсене хӳтĕлеме пултаракан, хальхи сĕмпетӳ илейисене чунтан парăнни çынсем суралнн, вĕсем хуçалăха тытса пырас ĕçе



...нансем парать. Коммунистсем пухăвĕсемпе партком ларăвĕсем мĕнле иртнине тишкерет. Паян, акă, фермăри партгруппа ларăвне пулна, хăй те тухса каланçă. Коммунистсене «Волга» совхозри партгруппасен ĕçĕпе паллаштарна. Ольга Васильевна Елчĕке хăй те темиçе хутчен пырса кайнă.

Парторганизаци пĕчĕк мар. 113 коммунист унта. Борис Мартьянов шоферпа хăмла ăсти Валентина Манешова — парти членĕн кандидачĕсем. Валенти[illegible] хăмла вăра [illegible] усăллă çĕнĕ [illegible] заведующийĕнче ĕçлет. Халĕ çывăх [illegible] хĕлле калла ĕç тупнă. Сăмах май каласан, çамрăксене металран сетка тăвас ĕçе те хутшăнтарнă.

Цехри организацисем пилĕк, партгруппăсем тăххăр. Отчетпа суйлав пухăвĕсем пысăк активлăхпа, дискусси евĕр иртнĕ. Коммунистсем парти авторитетне ÿстерес ыйтусем çинче чарăнса тăнă, партилле-организацилле ĕçпе воспитани ĕçне лайăхлатмалли майсене палăртнă. Партком коммунистсем критикилесе каланисемпе вĕсен сĕнĕвĕсене çийĕнчех пĕтĕмлетнĕ, хăшпĕрисене пурнăçланă. Цехри организацисен секретарĕсемпе партгруппоргсем пулма малтанхисенех хăварнă. Вĕсем темиçе çул хушши ĕнтĕ çак ĕçе ăнăçлă туса пыраççĕ.

Партком секретарĕн ĕçĕнче мана акă мĕн килĕшрĕ: хуçалăх ыйтăвĕсемпе ĕçлессинчен хăтăлма вăл, халăхпа ĕçлессине тĕпе хурать. Пухусене, партком ларăвĕсене кунта Уставра палăртнă вăхăтра ирттереççĕ. Кашниннех критикилесе каланисемпе сĕнÿсене пĕтĕмлетеççĕ. Йышăннă решенисем мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслеме контроль карточкисем тунă. Коммунистсен отчечĕсене ячĕшĕн мар, тĕплĕн хатĕрленсе ирттереççĕ. Отчетсене пухусенче çеç мар, партком тата партбюросен ларăвĕсенче те ирттермелле, çак ĕçе май килнĕ таран нумайрах коммуниста хутшăнтармалла — çакăн пек тĕплĕн тытнă партком.

Нумай пулмасть, акă, тĕп энергетик Ю. Илливанов, А. Петров ветеран, политвĕренÿ кабинечĕн заведующийĕ Т. Илливанова, профком председателĕ А. Калинин отчетсем туса панă. Парторганизацире поручениесем пурнăçламан пĕр коммунист та çук. Партком секретарĕ парторганизаци пурнăçне актива ытларах хутшăнтарнипе ĕнтĕ партилле-организацилле ĕçпе идеологи ĕçне чылай лайăхлатнă. Политвĕренÿ системинче марксизм-ленинизм шкулĕсем, социализмла хуçалăх шкулĕсем ăнăçлă ĕçлеççĕ. Совхозри комсомол организацийĕ — районта чи лайăххисенчен пĕри. Коммунистсем сĕннипе çапла йышăннă: коммунистсемпе комсомолецсен пухăвĕсене, тĕпрен илсен, пĕрле ирттермелле. Ку вăл комсомол организацийĕн ĕçне парти енчен ытларах витĕм...

...варри. Тавăй районĕсенчен те фольклор коллективĕсем килнĕ. Асану кунне масарсенче ирттересси йăлапа кĕнĕ. Çĕнĕ йăла-йĕрке хаюллăн пурнăçа кĕрсе пырать. Çамрăксем савăнăçлă лару-тăрура мăшăрланаççĕ. Совет Çарне каякансене пĕрле пухăнса ăсатаççĕ, салтакран таврăннă çамрăксен касне интересле ирттереççĕ. Пысăкрах ясенче хĕрарăмсен совечĕсем йĕркеленĕ. Вĕсен воспитани ĕçĕнчи пĕлтерĕшĕ пысăк. «Вол[illegible] культурăпа тавраpa урăх çук, терĕç парти райкомĕнче. Музыка шкулĕ ĕçлет. 32 ача вĕренет унта. Вĕренекенсен çурри совхоз тÿлет. Çул çитмен ачасен клубне усă. Тĕрлĕ секци ĕçвĕрситекен кружок уçма хатĕрлет. Халĕ чăваш литературине левеççĕ. Çак пĕтĕм ĕçе партком çумĕнчи йĕркеленĕ координаци совечĕ туса пырать.

„Каснă-лартнă амăшĕ, терĕç ун пирки ял çыннисем. Чăнах та çапла. Мария Александровна, хăйĕн мăшăрĕпе Корнил Ивановичпа улттă ача пăхса ÿстернĕ. Корнил Иванович, Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕ, салтакран таврăнсан колхоз председателĕнче, ытти ответлă ĕçсенче пулнăскер, пилĕк çул каялла çĕре кĕнĕ.

Эпĕ партком секретарĕн килĕнче пулса куртăм. Картиш тулли выльăх-чĕрлĕх, хур-кăвакал. Сад ĕрчетеççĕ. Пÿртре тирпейлĕ, хăтлă. Çаканта çуралса ÿснĕ ĕнтĕ Нина Корниловна. Пĕчĕклех ĕçе юратса çитĕннĕ, ывăрлăха тусме, сĕнтерме вĕренсе пынă. Елчĕкри вăтам шкула пĕтерсен Аманик фермине ĕçлеме кайнă. Комсомол путевкипе. Икĕ çул çурă хушши ăнесем суна. Çавăн чухнех теплицăра пахча çимĕç ÿстернĕ. Çакăнтах ăна хуçалăхри комсомол организацийĕн секретарĕ пулма суйланă. Доярккăра ĕçленĕ чухне Коммунистсен партийĕн ретне кĕнĕ. Çирĕм çул хушши ĕнтĕ партире. Шупашкарти совпартшкул, парти райкомĕн инструкторĕ, партин Горькийри аслă шкулĕ. Каллех парти райкомĕн инструкторĕ — çакăн пек унăн пурнăç çулĕ. Ялти ĕçчен хĕре коммунистсем асăрханă: тăххăр çул каялла ăна парторганизаци секретарĕн ĕçĕсене шанса панă. Паянхи кунччен вăл çак ответлă та йывăр ĕçре.

Нина Корниловнăпа ăçта кăна çитмерĕмĕр пулĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхаканĕсем, тырпул ăстисем, хăмла ÿстерекенсем, механизаторсем патĕнче пултăмăр, хушма хуçалăхсене, культурăпа сывлăх учрежденийĕсене çитсе куртăмăр. Çакна асăрхарăм: халăх килĕштерет ăна, кĕтет, пĕр пытармасăр чун-чĕререн, уççăн калаçать, канашлать, сĕнÿсем парать, темтепĕр ыйтса пĕлет. «Тÿрĕ кăмăллă та сăпайлă пулнăшăн, хăйне мăнна хуманшăн, пуринпе тенĕ пекех пĕр чĕлхе тупма пĕлнишĕн, çынсене хисепленĕшĕн кăмăллатпăр эпир ăна», — терĕç хăмла пахчинче ĕçлекенсем. Принциплă, çитменлĕхсемпе килĕшсе тăма пултараймăн, хăйĕншĕн пачах тăрăшман, коллектив интересĕсене çÿле хуракан, пĕрлешÿллĕ ĕçшĕн вырăнса çунакан руководитель вăл, — хак пачĕç комплексра ĕçлекенсем.

«Аçтан кăна вăхăтне тупать-ши? Машина-трактор паркне кĕрсе тухман кун çукпа пĕрех унăн. Ĕç кăтартăвĕсем кăна...

...ĕçлекен кирек хăш çын та ун кусĕ умĕнче, тейĕн. Савăнмасăр, хумханмасăр мĕнле чăтăтун: юлашки вăхăтра медицина учрежденийĕсенче ĕçлекенсене те сума сума пуçларĕç. Медицина работникĕсен кунĕнче пире питĕ лайăх чысларĕç. Уява Атăл хĕрринче ирттертĕмĕр. Совхоз директорĕ, партком секретарĕ, профком председателĕ, партком членĕсем пулчĕç. Чи маттуррисене [illegible] кăнпа сăн ÿкерттертĕмĕр. Килсене чĕрĕ чечек çыххисемпе таврăнтăмăр», — пĕр-пĕрнине тупăшсах аса илчĕç фельдшер пунктĕнче ĕçлекенсем. «Урасăр юлтăм эпĕ. Парти пухăвĕсене çÿреймастăп. Çапах та парторганизацири лару-тăрăва пĕтĕмпех пĕлсе тăратăп. Коммунистсен пухăвĕ е партком ларăвĕ хыççăн ман пата Нина Корниловна кашниннех тенĕ пекех кĕрсе тухать. Хăй ерçеймесен, партком членĕсем килсе каяççĕ. Мана парторганизацири ĕçсемпе пĕтĕмпех паллаштарса тăраççĕ, эпĕ панă хăшпĕр сĕнÿсене те шута илеççĕ. Хама парторганизацирен уйăрлма паманшăн тав тăвас килет», — хумханулăн тухрĕç Петр Игнатьевич Белов пенсионер сăмахĕсем.

Тĕпрен илсен, Нина Корниловна пирки ăшшăн, хисеплесе те мухтаса кăна каласа параççĕ.

— Хăвăра кураймансем, тăшмансем çук-и вара сирĕн? — ыйтатăп партком секретарĕнчен.

— Унсăр мĕнле пултăр ĕнтĕ. Пысăк коллективра темле çын та тупăнать. Пĕри, акă, манпа яланах кăмăллăн калаçать, куран-итлен ют çын кусем чăн-чăн тусем тесе шухăшлама та пултарĕ. Куç хыçĕнче ку çын вара ман пирки темтепĕр каламалла хатĕр. Тепĕр чухне ырă мар сăмах та сарать. Тахçан ăна парти енчен сирĕп выговор панăччĕ. Хăйне вăхăтра çăлса хăвартăмăр, пĕтме памарăмăр, тĕрĕс çул çине кăларма тăрăшрăмăр. Тепри пулсан — тав тумалла. Ку ăнланса çитеймерĕ. Халĕ те партком çине кÿренсе çÿрет. Партком секретарĕн хăшпĕр чухне пуринпе те йăваш та çепĕç пулма май çук-çке. Парти пурнăçĕн нормисене пăснă коммунистсене ответ тыттарма та тивет. Пуринпе те лайăх пулаймастăн. Пирĕн ĕçре сирĕп ыйтмасан — ырри ан кĕт. Хамăр ĕçре партилле юлташлăха тĕп вырăна хуратпăр.

**Партилле юлташлăх вăл — тимлĕх, пĕр-пĕрне ырă сунни, пĕр-пĕрне шанни, пулăшни, тÿрĕлĕх, идейăпа нравственность енчен çирĕп пулни. Çыннăн сан енĕсем пĕр пек мар. Çавăнпа та воспитани ыйтăвĕсене нусран вĕçертмелле мар. Коммунистăн ырă кăмăллă та тимлĕ, тĕрĕс те тÿрĕ çын кăна пулмалла мар. Коммунист ăнланулăхĕ пысăк пултăр, вăл политика тĕлĕшĕнчен писĕхсе çиттĕр, суйнипе, тĕрĕс мар калаçнипе килĕшсе ан тăтăр, коммунизмла нравственность нормисене çирĕп пурнăçласа пытăр. Коммунист хăйне мухтанине ан юраттăр, унăн мăнкă...**

...урăхла парти йĕркелеме сĕнекенсем те пур. Тепĕр майлă каласан, пирĕн çĕршывра ку таранччен мĕнле кăлтăксемпе çитменлĕхсем пулнă — ăна пĕтĕмпех парти çине йăвантарма пăхаççĕ. Çакăнпа килĕшме май çук. Тĕрĕс ĕнтĕ, çĕршыв историйĕнче йĕркесĕрлĕхсем сахал мар пулнă. Анчах çакăншăн парти çеç айăплă мар. Уйрăм руководительсене пула парти авторитечĕ самаях чакрĕ. Çакă пире, коммунистсене, пăшăрхантарать. Çапах та ĕç-пуç лайăхланасса шанатпăр. Çĕнетÿ процесне Коммунистсен партийĕ пуçларĕ-çке.

Пирĕн парторганизацие вăсен вара халăх хушшинче ун авторитечĕ çук мар. Авторитет пуласси пĕр хамăртан çеç килет. Рабочисем кашни коммунист обществăра, ĕçре, йăлара хăйне мĕнле тытнине асăрхасах тăраççĕ. Йăнăш утăмпа утнине тÿрех кураççĕ вĕсем. Çакăн пек коммуниста сивлеççĕ. Çавăнпа та кашни коммунист авторитечĕшĕн тăрăшать совхозри парти комитечĕ. Кашниччен çирĕп ыйтмасăр май килмест — çапла хушать КПСС Уставĕ.

Ыйтатпăр та. Пĕр тĕслĕх çеç илсе кăтартам. Юрий Ивановича Швецова хисеплетĕп эпĕ. Темиçе çул хушши выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе ĕçлекен цех коллективне ертсе пырать. Продукци туса илессине ÿстерчĕ. Ăратлăха лайăхлатать, выльăх-чĕрлĕх пăхакансен ĕçпе йăла тата кану условийĕсене лайăхлатассине тĕпе хурать. Анчах юлашки вăхăтра тем пулчĕ ăна — тилхепине вăйсăрлатрĕ. Парти комитечĕн ларăвне чĕнме тиврĕ. Юлташла, хытă калаçрăмăр. Учет карточки çине çырса çирĕп выговор патăмăр. Тивĕçлипе. Коммунист ответсăрлăхне курмăш пулса, асăрхамасăр ирттерсе яça пулсан, çынсем пире мĕн калĕччĕç? Çавăнпа кашни коммунистран çирĕп ыйтатпăр эпир. Акă, З. К. Сарукова хăмлаçă парти поручениĕсене пурнăçлама пăрахрĕ, парторганизаци ĕçĕсенче активлăха çухатрĕ. Коммунистсен партийĕн ретĕнчен кăларма тиврĕ ăна.

— Йыш чакасран пĕртте хăрамалла мар, — хăй шухăшне малалла тăсать Нина Корниловна. — Коммунист ятне яракан пĕр çыннах пĕтĕм парторганизаци чысне варалама пултарать. Авторитет чакать. Ĕçре ырă тĕслĕх кăтартман, хăйĕншĕн çеç çунакан, коллективра мĕнле те пулин ырă улшăну тăвассишĕн тăрăшман, çĕнетĕве хакламан, çавăн пекех çитменлĕхсене курмăш-илтмĕш пулакан, общество пурнăçне хутшăнман, йăлара йĕркесĕр тытакан çын парти ретĕнче пулма тивĕçлĕ мар — çакна асра тытса ĕçлетпĕр эпир.

Тĕрĕс калать партком секретарĕ. Совхозра пулнă чухне çакна эпĕ хам та аванах туй...

...Исаков трактористсем мĕнрен кая? Коммунист ячĕ вĕсемшĕн ялан ответлăха туйма, çĕннишĕн кĕрешме, халăх хисепне тивĕçлĕ пулма хушакан ят. Иван Петрович Воробьев столяр пирки ял çыннисем ырласа калаçрĕç. Ывăлĕ те ашшĕ пекех ĕçчен, сăпайлă, авторитетлă çамрăк. Николай Воробьева нумаях пулмасть парти ретне илнĕ. Ăста шофер, шанчăклă юлташ. Социализмла Ĕç Геройĕн А. М. Зуевăн упăшки Николай Сергеевич хăмлаçă, пăру пăхакан Зоя Петрова, Людмила Жигарева хăмлаçă, вăрман ăсти Иван Чечеков, Юрий Кудряшов строитель, Николай Юркин механик... Ĕçпе чапа тухнă, коллектива хисеплекен, ушăн тăрăшакан, общество ĕçне активлă хутшăнакан, пур енĕпе те ырă тĕслĕх кăтартакан, ял халăхĕ умĕнче ята яман коммунистсем совхозра сахал мар.

**Совхозăн тĕп участокĕсене коммунистсем ертсе пыраççĕ. Тĕп специалистсенчен, цех начальникĕсенчен, бригадирсенчен чылайăшĕ — парти членĕсем. Хуçалăха пултаруллă руководитель, ăста организатор Петр Геннадьевич Михайлов коммунист ăнăçлă ертсе пырать. Комсомольски чăвашне кунти вырăнсем килĕшнĕ. Институт хыççăн ĕçлеме килнĕ те çакăнта ĕмĕрлĕх шухăшпах пурăнать. Çамрăк специалист ферма заведующийĕнче пулнă, совхозри тĕп зоотехник ĕçĕсене туса пынă, темиçе çул хушши ĕнтĕ — директор, партком членĕ. Хуçалăх экономики вăйланать. Счет çинче халĕ икĕ миллион тенкĕ ытла. Султалăка ăнăçлă вĕçленĕ. Тырă тухăçĕ кашни гектартан 21 центнера яхăн, кăшман тухăçĕ 500 центнер ытла, çĕрулми те пĕлтĕрхинчен чылай лайăхрах пулнă. Выльăх апачĕ сителĕклĕ хатĕрленĕ. Пĕлтĕр 135 тонна хăмла сутнă. Савăнтаракан кăтартусем. Апла-тăк, парторганизаци ертсе пынипе совхоз çитĕнÿ хыççăн çитĕнÿ тăвать.**

КУНТИ парткомăн ĕç стилĕ вăл — конкретлă, ĕçлĕхлĕ пулни, пĕр ĕçе тепринпе тачă çыхăнтарса туса пыни, сăмах парсан — тытма пĕлни, чи усăллă меслетсемпе ĕç хатĕрĕсене суйласа, çынсен шухăш-кăмăлне тĕплĕн тишкерсе шута илме пултарни. Урĕк-сурĕк ĕçленине, чĕрĕ ĕçе сăмах купи айне тунине, пустуй сăмах çапăрнине тÿсме пултараймасть Нина Корниловна, çĕнетĕве, уççăнлăха, демократие малалла аталантарассишĕн пĕтĕм вăй-халне, пĕлĕвне, пултарулăхне парать. Тĕрĕс çулпа утать вăл, коллективпа, активпа тачă çыхăнса ĕçлет. Çавăнпа та ĕç ăнать унăн, çавăнпа халăх хисеплет ăна. Халăх хисепĕ вара — темрен те хаклă. Ахальтен мар ĕнтĕ Ивановăна 893-мĕш Çĕнĕ Шупашкар округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă.

А. КРЫСИН.

Н. К. Иванова,

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

...тетпĕр пулсан, пурнăçра çавна мĕншĕн пăхăнмастпăр-ха? Тĕслĕхе пирĕн цеха илĕпĕр. Унăн проектпа пăхнă хăвачĕ — 110 пин тонна хурçă. Ку вăл султалăк хушшинче çавăн чухлĕ металл шăратмаллине пĕлтерет. Юлашки çулсенче çак хăвата 2,5 хута яхăн ÿстертĕмĕр. Ĕç укçи фончĕ вара кăшт кăна хушăнчĕ. Эппин, продукци калăпăшĕ хăй тĕллĕн ÿсмен, вăл çынсем [illegible] ĕçленипе пулнă. Çав вăхăтрах пире администраци улталаса пурăннă. Кăна пĕр ÿстермесĕр калатăп. Цех плана тултараймасть тесе, сталеварсене канмалли кунсенче те, смена хыççăн та ĕçлеттеретчĕç. Тĕрĕссипе, пирĕн цех мар, завод плана тултараймая ун чухне. Çакă çынсене тарăхтарман тетĕр-и? Тарăхтарнă, çапах хăйсем кăмăлсăррине ытлах палăртман вĕсем.

Мĕн ĕçлесе илнине тулли тÿлеменнине эпĕ аталанусăр тапхăрти чи пысăк тĕрĕсмарлăхсенчен пĕри тесе шутлатăп. Ятарласа шутласа пăхрăмăр: ытти предприятисенче çав йышпах пирĕнтен икĕ-виçĕ хут сахалрах продукци туса кăлараççĕ пулин те, ук...

...хурçă шăрататпăр, эппин çĕршывра металлургсене панă çăмăллăхсемпе усă курма тивĕçлĕ. Анчах машиностроени комплексĕнчи металлургсене ун пек çăмăллăхсем пама палăртман. Сăмахран, вĕсем 160 тенкĕрен кая мар пенси илме (пирĕн 130 тенкĕ) пултараççĕ, отпуск вăхăтне вăрăмлатнă. Стержень участокĕнчи рабочисем хăйсене сывлăхшăн сиенлĕ производствăн пĕррĕмĕш категорине кĕртме ыйтаççĕ. Çакă вĕсене пенсие вунă çул маларах тухма май парĕччĕ. Ку ыйтăва татса парассине сăлтавсăрах тăсса пыраççĕ. Участокра сиенлĕ япаласем нормăпа пăхниччен 4—5 хут нумайрах. Тĕпрен илсен, унта хĕрарăмсем ĕçлеççĕ. Оборудованине пăхса-юсаса тăракан слесарьсем валли те çăмăллăх çук. Вĕсем халлĕхе тÿсеççĕ-ха, кайран мĕн патне пырса тухăпăр-ши? Нивушлĕ пирĕн чун ыратмасть?

Паллах, забастовка хыççăн ним те улшăнман тени йăнăш пулĕччĕ. Администраци çынсен кулленхи нушисем çине тимлĕрех пăхни сисĕне пуçларĕ, цехра реконструкци тăваççĕ. Анчах хамăр тăрăшмасăр нимĕн те пулмĕ. Акă,

Стачка комитечĕн членĕсене администраци хĕсмест-и? Чылай чухне çапла ыйтаççĕ. Мĕн калас-ши? Эпир вĕри кăмака умĕнче тăракансен интересĕсене хÿтĕлетпĕр, вĕсем — пире. Цех начальникĕпе Ю. К. Ивановпа тавлашни те, хирĕçни те пулман мар. Кулленхи ĕçре тем те сиксе тухать. Пĕр япалана тĕрлĕ курпа пăхса хакланине çыхăннă ку. Çапах та эпир унта ыйтусене пĕр тĕле тупса, татса пама тăрăшатпăр. Юрий Евдокимович хăй те рабочи йышĕнчен тухнă çын, çынсен хуйхи-суйхине пĕлет. Кирлĕ пулсан, ăна та хÿтĕлеме хатĕр эпир.

Сăмаха пĕтĕмлетсе, çакна калăттăм. Коллективра рабочисен интересĕсене хÿтĕлеме пултаракан, хальхи çĕнетÿ идейисене чунтан парăннă çынсем суралин, вĕсем хуçалăха тытса пырас ĕçе хăйсем çине илин — ку хăех ĕнтĕ паянхи ырă пулăм. Эпир хамăр çулталан пăрăнма шутламастпăр.

Н. КУРОЧКИН.
Шупашкарти агрегат заводĕнчи хурçă шăрататакан цехра сталевар, профком председателĕ.

# ХАЛĔ ТЕ КУÇ УМĔНЧЕ

Пĕр вăхăтра хальхи Вăрнар районĕнчи Кив Сăрьел, Туçи Çармăс, Уйкас Кипек тата Евăш ял Совечĕсене кĕрекен ялсене Шăхасан районне уйăрса ячĕç. 1935 — 56 çулсенче Шăхасанта «Вăйлă тырпулшăн» хаçат тухса тăратчĕ. Кив Сăрьелĕнче çуралса ÿснĕ Гаврил Никифоровпа эпĕ унта тăтăшах çырса тăраттăмăр. Вăл та, ман пекех, хăйĕн ашшĕне астăвайман. Елĕкхи патша вăрçинче пуçне хунă пулнă. Сухви ятлă аппăшĕпе иккĕшĕ — сурма тăлăх ачасем — ялти Хветĕр пиччĕшĕ килĕнче амăшĕпе пĕрле выçăллă-тутăллă ÿселенĕ. Гаврил, ялти шкултан вĕренсе тухсан, Шупашкарти партипе совет шкулне вĕренме кĕчĕ, ăна ăнăçлă пĕтерчĕ. Тăван яла ĕçлеме килчĕ. Вулав çурчĕн заведующийне лартрĕç. Вăл вăхăтра Гаврилăн тавракурăмĕ самаях аталаннăччĕ ĕнтĕ. Политика ыйтăвĕсене ун пек ăнлантаракан та пулман. Ял Совечĕнче те, колхоз правленийĕнче те сахал вĕреннĕ çынсем ĕçлетчĕç.

Гаврил Никифоров çав çынсемпе ырми-канми ĕçлерĕ. Ушкăнпа пухăнса, вăл каласа панине итлетчĕç, çĕнĕ хыпарсене ял çыннисене вăхăтра пĕлтерсе тăратчĕ. Пĕчĕкрех концертсем лартма, спектакльсем выляма çамрăксене хутшăнтаратчĕ. Район хаçатне çырнипе пĕрлех, ялта стена хаçачĕ кăларма тытăнчĕ. Тĕрĕсмарлăхсене тăрă шыв çине кăларакан критикăллă статьясем час-часах çырнă. Ялти пуçлăхсене питлеме те шиклĕнсе тăман вăл. Ку вара хăшпĕрисене кăмăла каймастчĕ.

Пурăна киле вĕсем Гаврила тасалма тĕллев тытнă. Шыракан — тупать, шаккакана — уçаççĕ, теççĕ халăхра. Пĕр кунхине Гаврила хирĕçлисем вулав çуртĕнче çакăнса тăракан И. Сталин портречĕн куçне çупакан пирусла тĕксе шăтараççĕ. Малтанах хатĕрлесе хунă «свидетельсене» васкавлăн чĕнсе илсе акт çыраççĕ. «Еплерех тискер ĕç тупă! Халăхсен çулпуçне,

**Астăвăм**

çĕр çинчи турă куçне çуттарнă!» — кăшкăрашнă вĕсем. Çапла вара, киле апат çиме кайса киличчен Гаврил «халăх тăшманĕ» пулса тăчĕ. Ăна эпĕ урăх кураймарăм. Тĕрмере вилнĕ вăл.

1935 çулта пирĕн ялти колхозниксен пухăвĕ колхоза Чăваш АССР Совнаркомĕ председателĕ В. И. Токсин ятне пама йышăнчĕ. Вăл пирĕн яла час-часах килсе çÿретчĕ. Эпĕ 1931 çултанпа ялти комсомол организацийĕн секретарĕ пулнă май, В. И. Токсин колхоза килсен, активпа тĕлпулусем ирттернĕ вăхăтра ялан пĕрле пулнă. Кирлĕ канашсем парса хăваратчĕ вăл. Пысăк специалистсене лекцисем вулаттаратчĕ. Пирĕн колхоз вăл çулсенче самаях çирĕп хуçалăхчĕ. Виçĕ бригада пулнă. Кашни бригадăрах тырă вырса, кĕлте çыхса пĕрер тĕмĕн хурса хăваракан машинăсем, ытти тĕрлĕ техника пурччĕ. Çав çулсенче икĕ авто çĕнĕрен тунă. Пĕр кĕркунне В. И. Токсина чăваш тĕррисемпе эрешленĕ шурă кĕпе тăхăнтартрĕç. Ялсем илемленчĕç. Кашни районтах акатуй ирттерме тытăнчĕç. Республикăна Ленин орденĕ пачĕç. Халăх пурнăçĕ лайăхланчĕ. Колхоз ĕçкунĕ куçне 8,4 килограмм тырă валеçрĕ. Икĕ çул бригадирта ĕçленĕ хыççăн Совет Çарне тухса кайрăм. В. И. Токсина урăх кураймарăм, вăл та элек çерепине лекнĕ.

Тепĕр çынпа та манаймастăп. Ун чухне Вăрнарти МТС çумĕнче политпай пурччĕ. 1934 çулта Кĕçĕн Кипекре комсомол организацийĕсен секретарĕсен семинар вĕренĕвне ирттерчĕç. Ăна политпайăн комсомол енĕпе ĕçлекен начальникĕ Никифоров ертсе пычĕ. Аслă çынччĕ. Вăл каланине сывламасăр тенĕ пек итлесе лараттăмăр. Каярах ăна республикăри комсомол обкомне илсе кайрĕç. Вăл та Сталин серепине лекнĕ, терĕç.

Шăхасан райĕçтăвкомĕн председателĕнче Евдокия Дмитриевна Ваперкке ĕçлерĕ. Аслă кăмăллă, ягкă чунлă, тимлĕ хĕрарăмччĕ вăл. Чăвашла лайăх калаçатчĕ. Сăмах май каласан, хăйĕн мăшăрĕпе пĕрле «Чăваш шкулĕсенче вĕрентмелли учебник» кăларнăччĕ вĕсем. 1936 çулхи декабрĕн 5-мĕшĕнче Çĕнĕ Конституци йышăнчĕç. Советсен VIII съездне Е. Д. Ваперкке делегат пулса хутшăнчĕ. Мускавран таврăнсан, ялсенчи актива пухса, тĕлпулу ирттерчĕ.

Евдокия Дмитриевна шутлама та пултараймăн пуле хăйне тепĕр вунă уйăхранах партирен кăларса пăрахасса, вунпилĕк çула тĕрмене хупасса. Урăх эпĕ ăна нихçан та курман.

Халĕ маларах асăннă çынсен таса ячĕсене тавăрнă. Вĕсен ячĕпе асăну палăкĕ кирлех.

И. СИРОТКИН.
ĕçпе вăрçă ветеранĕ.
Вăрнар районĕ,
Çĕнĕ Сăрьел ялĕ.

*Çĕнĕ кĕнеке*

## Экономикăна вĕренекенсене пулăшма

Çĕршывра хальхи вăхăтра экономика реформи пырать. Ăна ăнăçлă пурнăçласси экономикăна кашни çын мĕнле пĕлнинчен нумай килет. Çавна май пурне те экономикăна вĕрентме тытăннă. Пропагандистсене, шкулсемпе семинарсенче тата хăйсем тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма Мускаври Политика литератури издательстви «Краткий экономический словарь» ятлă справочник пичетлесе кăларчĕ. Çĕнетÿпе çыхăннă нумай-нумай çĕнĕ экономика ăнлавĕсене вĕртнĕ унта. Калăпăр, пирĕн çĕршывра халĕ çеç йĕркелене тытăннă акционер обществипе агропромышленность банкĕ мĕн вăл? Çакăн пек терминсене ăнлануçем словарьте тетĕ нумай. Хуçалăх механизмне çĕнетсе лайăхлатассипе, ĕç тухăçлăхĕпе пахалăхне ÿстерессипе çыхăннă экономика ăнлавĕсене пурне те ăнланмалла уçса панă. Плана ĕçе çĕнетсе лайăхлатас, тулли хуçалăх расчетне ĕçе кĕртес, бригада тата çемье подрядне йĕркелес ыйтусемпе çыхăннă экономика ăнлавĕсене те илсе кăтартнă. Предприятисемпе хуçалăхсене хăйтĕллĕнлĕхпе хăйтÿлевлĕх йĕркипе ĕçлеме мĕн кирлĕ? Экономикăна мĕнле демократизацилемелле? Çак ыйтусене уçса паракан статьясем те пур словарьте.

# КГБ: ЫЙТУСЕМПЕ ОТВЕТСЕМ

**«Коммунизм ялавĕ» Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕн ĕçĕ-хĕлĕпе паллаштарма пуçларĕ. Пĕлтĕрхи сентябрĕн 10, 12-мĕшĕсенче «Вăрттăн вилтăприсем» тата «Уççăнлăх кирлĕ...» материалсем пичетленчĕç. Вĕсенче халиччен калаçа пĕлтерме юраман темăсене хускатнă. Уççăнлăх чекистсен ĕçĕ-хĕлĕ çинчен калаçа пама пысăк майсем туса пачĕ. Комитета тата хаçат редакцине çырусем нумай килеççĕ. Хăшпĕрисем çине хаçатăн паянхи номерĕнче Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕн председателĕн заместителĕ Н. А. Николаев хуравлать.**

## УÇÇĂНЛĂХ ТĔКĔРĔ

**Шупашкарти Андреевна Петрова КГБăра ĕçлеме кадрсем суйласа илес тата вĕсене унта çирĕплетес ĕçе мĕнле туса пыни интереслентерет. «КГБ сотрудникĕ кам пулма пултарать? Унта ахаль рабочие тата КПСС членĕсене кăна йышанаççĕ-и? Сотрудниксене ăçта вĕрентеççĕ?» — ыйтаççĕ вĕсем.**

Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитетне ĕçлеме производствăра хăйсене вур енчен те лайăх енчен кăтартнă работниксене суйласа илеççĕ. Пурин те КПСС членĕ пулмалла. Вĕсене питĕ тĕплĕ тĕрĕслеççĕ. Требованисем мĕнлерех-ха? Чи малтанах, кандидатсен гражданла ответлăха хытă туймалла, обществăна çĕнетес лайĕхлатас ĕçе активлă хутшăнмалла, халăха тата Тăван çĕршыва парăнса ĕçлемелле, çар служби йывăрлăхĕ умĕнче никăçан та пуç усмалла мар, кулленхи пурнăçра хастар пулмалла. Комитета аслă пĕлÿ илнисене, çар службинче пулнисене çеç илеççĕ. Ĕçре тата политика тĕлĕшĕнчен пиçĕхнĕ, пурнăçра пуян опыт пухнă, пĕтĕм çĕршыв, республика историйĕпе культурине пĕлекен, пысăк тавракурăмлă, çĕршыв пурнăçĕпе хытă интересленекен çынсене унта вырнаçма чылай çăмăлрах. Сывлăхĕ те çирĕп пулмалла. 27—28 çулсенчен аслă маррисене илеççĕ.

**Службăна, ССР Союзĕн Законĕн çар тивĕçĕ çинчен калакан 66 тата 104-мĕш статйисемпе килĕштÿллĕн, ирĕклĕ йĕркепе илеççĕ.** Еçе илнисене Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕ ССР Союзĕн Государство хăрушсăрлăх комитечĕн вĕренÿ заведенийĕсене ярать. Кунсăр пуçне, вăтам пĕлÿ илнĕ 2—3 çын çулсерен ССР Союзĕн Государство хăрушсăрлăх комитечĕн аслă шкулне вĕренме каять.

Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитетĕнче кадрсене вĕсен политикăпа ĕç палăрăхне тата служба характеристикине шута илсе çирĕплетеççĕ.

Калас пулать, комитетра ĕçлекенсен йышне пысăк теме çук. Кадрсем нумаях кирлĕ мар пире. Комитета çĕнĕрен илесси, тĕпрех илсен, вĕсене ĕçрен кăларассипе тата командировкăна ярассипе çыхăннă. Сăмах май, пирĕн офицерсене службăна çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсене яма пултараççĕ. Сăмахран, хăшпĕрисем службăра кăт çĕршывсенче те пулнă. Тăваттăн Демократилĕ Афганистан Республикинче интернационалла тивĕçе пурнăçланă.

**Елчĕк районĕнче пурăнакан Павлова çак ыйтусем интереслентереççĕ: республикăра КГБ мĕн тума кирлĕ? Унта мисен ĕçлеççĕ? МВДпа КГБна ĕçлеме мĕншĕн вырăссене çеç илеççĕ, паци кадрĕсене çирĕплетмеççĕ?**

Хăрушсăрлăх комитечĕ Тăван çĕршыва сутма пултаракансене тата сутакансене, терроргла акци, диверси тăвакансене, обществăна сиен кÿрекенсене, контрабандăна хутшăнакансене, шпионсене, валютăпа усă курмалли правилăсене пăсакансене, государствăпа общество стройне вăйсăрлатас тĕлĕшпе ытти преступленисем тăвакансене тупса палăртать. Совет влаçĕн интересĕсене хÿтĕлет, организациленĕ преступноçа хирĕç кĕрешет, республикări хăшпĕр предприятисемпе организацисенче государство вăрттăнлăхне шута илсе ĕçлени тĕрĕслесе тăрать, вĕсенче ятарлă çыхăну йĕркелет.

Государствăна хирĕçле преступленисем тăвакансем çĕршыва нумай сиен кÿреççĕ. Комитетчиксен вĕсене тупса палăртмалла, преступлени тума хатĕрленекенсене тытса чармалла. Республикăри чекистсем вĕсене тĕрĕс çул çине тăратас тĕлĕшпе сахал мар ĕçлеççĕ.

**Халĕхе республикăри КГБра миçе сотрудник ĕçленине пĕлтерме пултараймастпăр.** Кун пирки уççăн калас пулсан, çĕршывăн аслă органĕн ятарлă решенийĕ кирлĕ. СССР Халăх депутачĕсен съезчĕ тата ССР Союзĕн Верховнăй Совечĕ ССР Союзĕн Государство хăрушсăрлăх комитечĕн бюджечĕпе халăха паллаштарма йышăнсан, республикăри КГБра ĕçлекенсен йышне те пĕлтерĕпĕр.

**Чăн та, кунта хăшпĕр ялалăсем пирки халех калама пулать.** Комитетăн Канашри уйрăмĕнче, акă, начальник тата пилĕк офицер шутланса тăраççĕ. Вĕсем хăйсен тивĕçне республикăн кăнтăр енчи ултă районĕнче, Канашра тата Чугун çул çинче пурнăçлаççĕ. Республикипе сотрудниксем кашни район пуçне пĕр çын та лекмеççĕ. Сахал-и е нумай-и ку? Пирĕн шутпа, государство тата ĕççынисен интересĕсене хÿтĕлес тесен, кунтан сахалрах пулмалла мар.

Республикăри комитетра çурри ытла — чăвашсем. Вĕсене ĕçлеме чылай çăмăлрах. Мĕншĕн тесен ял çыннисемпе вĕсем чăвашла калаçма пултараççĕ. Ертсе пыракансем хушшинче чăвашсемпе вырăссен йышĕ пĕр пекех.

Комитетра чăваш чĕлхин курсĕсене йĕркеленĕ. Унта вырăссем чăвашла çырма, вулама, калаçма вĕренеççĕ.

Çакна пĕлтерме пултаратăп: чăвашсем çĕршыври Государство хăрушсăрлăх комитечĕсенче чылайăн ĕçлеççĕ, ертсе пыракан вырăнсенче те пур.

**Шупашкарта пурăнакан Петрова çапла ыйтать: юлашки вăхăтра тĕнчери лару-тăру самаях лайăхланчĕ. Çав вăхăтрах КГБ аппарачĕ ÿссе пырать. Çакна мĕнле ăнланмалла?**

Çапла, тĕнчери лару-тăру лайăхланма пуçларĕ. Ку ССР Союзĕ тĕнчери çĕршывсен хутшăнăвĕсене йĕркелес, ядерлă хĕçпăшала пĕтерес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçленипе нумай килет. Çав вăхăтрах никăш капитализм çĕршывĕнче те спецслужбăсен йышне чакармаççĕ. Вĕсен бюджечĕ ÿссе пырать. Çакна курмасăр тата шута илмесĕр тăма çук. Çак условисенче çĕршыв КГБ работникĕсен йышне хăвăрт чакарма пултараймасть. Апла пулин те, ССР Союзĕн Государство хăрушсăрлăх комитечĕн председателĕ пĕтĕм халăха комитетсенче ĕçлекенсен йышне чакарни çинчен пĕлтерчĕ. Çакна ССР Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене чакарнипе тата КГБăн пиллĕкмĕш управленине пĕтернипе çыхăнтармалла. Паллă ĕнтĕ, çар чаçĕсемпе пĕрлех КГБăн контрразведка тăвакан уйрăм пайĕсене сахаллатнă.

Республикăри чекистсен йышĕ юлашки 5—6 çулта пачах ÿсмен. Кунтан та ытларах, хăшпĕр штатсене пĕтерпĕ.

**Шупашкарти Ильина çапла ыйтать: республикăри Государство хăрушсăрлăх комитечĕн КГБ историйĕн музейĕ пур-и? Çук пулсан, хăçан тăваççĕ? Унта пурте лекме пултараççĕ-и?**

Комитетра Чекист пÿлĕмĕ пур. Ăна хамăр сотрудниксем обществăлла йĕркепе тунă. Унта КГБ органĕсен историйĕпе паллашма пулать.

Чекистсен пÿлĕмне пырса курас тесен, малтан пирĕнпе калаçса татăлмалла. 15—20 çынран ытла мар тăракан ушкăнсене шăматкунсенче йышăнатпăр. Заявкăсене 22-15-00 номерлĕ телефонпа дежурнăй офицер йышăнать. Комитета килсе пама та пултаратăр.

Тен, унта лекесси халлĕхе чăрмавларах та-и. Мĕншĕн тесен Чекист пÿлĕмĕ сотрудниксем ĕçлекен çуртра вырнаçнă. Унта вара ĕç кунĕсенче пурне те кĕртмеççĕ. Çурта реконструкци тума пуçласан, Чекист пÿлĕмне пысăклатасшăн. Малашне экспозицисем ытларах пулĕç. Çынсене чăрмавсăр-мĕнсĕр кĕрсе курма условисем туса парăпăр.

Хальхи вăхăтра архивра краеведени музейĕ валли КПСС обкомĕн партархивĕпе пĕрле КГБ ĕçне-хĕлне çутатакан материалсенчен экспозици хатĕрлеççĕ.

Чекист ĕçĕ çăмăл мар, çав вăхăтрах хисеплĕ те. Республикăри ĕç коллективĕсенче çакна лайăх ăнланаççĕ. Пире нумай пулăшаççĕ. Хăйсен чи лайăх работникĕсене пирĕн пата ĕçлеме направленипе яраççĕ. Пирĕн работниксенчен чылайăшĕ Чăваш государство университетĕнчен, Чăваш педагогика тата ялхуçалăх институчĕсенчен вĕренсе тухнă. Вĕсен тата «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ», «Шупашкарти электроаппаратура завочĕ», «Электроприбор» производство пĕрлешĕвĕсен, приборсем тăвакан завод коллективĕсем унччен хăйсем патĕнче ĕçленĕ, хальхи вăхăтра пирĕн патра штатра тăракан сотрудниксемпе çăнинпех те мухтанма пултараççĕ. Вĕсем чекист ятне çÿлте тытаççĕ. Комитетпа ĕç коллективĕсем хушшинчи çыхăнусене çирĕплетсе пыратпăр.

---

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Съезд уçăлнă

СОФИЯ, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Столицăри Халăхăн культура двbooreцĕнче Болгарири коммунистсен партийĕн XIV съезчĕ ĕçлеме пуçланă. Çак съезд — парти историйĕнчи черетсĕр пĕррремĕш съезд. Съезда хутшăнма 980 пин коммунистран 2.752 делегат суйланă.

Съезд кун йĕркинче — Болгарири демократилле социализм манифесчĕн тата партин çĕнĕ уставĕн проекчĕсене, БКП Центральнăй Комитечĕн политикăллă докладне сÿтсе явасси, партин ертсе пыракан çĕнĕ органĕсене суйласси.

Делегатсен шухăш-кăмăлĕ мĕнле пулни съезд пуçлансан пирвайхи минутсенчех палăрнă. Процедура ыйтăвĕсене пăхса тухма пĕр сехет вăхăт иртнĕ. Делегатсем съездăн ертсе пыракан органĕсене суйлама чи активлă хутшăннă.

Центральнăй Комитетăн «Партие çĕнетесси тата Болгарире демократилле социализм обществи туса хурасси» çинчен калакан докладне БКП Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ Петр Младенов тунă.

Партин черетсĕр XIV съездне эпир чрезвычайлă лару-тăрура чрезвычайлă сăлтавсене пула ирттеретпĕр, тенĕ вăл. Хальхи вăхăтра Болгари экономика, политика тата мораль енĕпе йывăр кризис тÿсет. Çак пăшкал лару-тăру нумай вăхăта пыма пултараймасть. Вăл халăхшăн та, çĕршывшăн та, партишĕн те пысăк йывăрлăхсем кăларса тăратма пултарать.

БКП халĕ вăйсăрланса çитнĕ. Çак самахсенче ÿстерсе калани пачах çук. Пирĕн событисене тĕрĕс хакламалла. Демократилĕ Германи Республикинче, Чехословакире, Венгрире, Польшăра, Румынире мĕн пулса иртнине шута илсе ăса вĕренмелле. Болгаришĕн Совет Союзĕнчи çĕнетÿ опычĕ уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ. Пирĕн çав çĕнетĕвĕн лайăх енĕсене те, унти йывăрлăхсене те тĕплĕн шута илмелле, тенĕ П. Младенов.

• • •

**СОФИЯ, январĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири коммунистсен партийĕн кунта иртекен XIV черетсĕр съездĕнче БКП Центральнăй Комитечĕн политика докладĕ тăрăх çивĕч дискусси пуçланнă.**

Доклада партин Генеральнăй секретарĕ Петр Младенов туса панă. Делегатсем кашни коммуниста, çĕршыван кашни гражданинне чĕререн хумхантаракан ыйтусем çинчен уççăн тата хĕрÿллĕн калаççĕ.

Доклара, çавăн пекех съездăн политика декларацийĕн тата БКП çĕнĕ уставĕн съездра сÿтсе явма тăратнă проекчĕсенче партин шалти пурнăçĕн, унăн политикин тĕрлĕ ыйтăвне çĕнĕлле хускатнă. Çак темăсене ораторсем анлăн сÿтсе яваççĕ. Делегатсен сăмахĕсенче ытларах БКП Болгарине ку чухнехи демократилле право государстви туса хурас, партие хăйне çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе палăртнă çул-йĕре татӑклăн ырлани çинчен калаççĕ.

## Политикăллă пурнăç улшăнать

ПРАГА. (ТАСС). Чехословакин политикăллă тата обществăлла пурнăçĕнче кашни кунах мĕнле те пулсан улшăну пулать. Урамсен, площадьсен, метро станцийĕсен ячĕсем улшăнаççĕ. Сăмахран, Чехословаки столицинчи Ленин ячĕпе хисепленекен метро станцине Дейвицки станци, Октябрьти Социализмлă Аслă революци площадьне Çĕнтерÿ площачĕ ятне пама сĕнеççĕ. Киров тата Жданов урамĕсен, Клемент Готвальд тата Майăн пĕрремĕшĕ ячĕпе хисепленекен урамсен ячĕсене улăштарма палăртнă.

Готвальд памятникĕсене пуррсĕртсе те илеççĕ. Оломоуц хулинче Ленинпа Сталинпа Октябрьти Социализмлă Аслă революци площадĕнчи 11 метр çÿллĕш скульптурăллă композицие пăснă та вырăнти музей запасникне ăсатнă. Площаде 1969 çулта хăйне-хăй çунтарса яна Палах студент ятне панă.

Массăллă информаци органĕсем тĕлĕшпе те лару-тăру улшăннă. Çĕнĕрен 25 тĕрлĕ хаçат-журнал тухма пуçланă. Çĕнĕрен çуралнă «никама пăхăнманнисем» иртнĕ вăхăтри хаçатсемпе журналсен традицийĕсене вăя кĕртесшĕн. Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ кăларса тăнă пилĕк журнала кăларма пăрахнă. Пичет çинчен калакан çĕнĕ закон хатĕрлеççĕ.

## Хонеккера ...

## Килĕштерсе ĕçлеме хатĕр

ВАРШАВА, январĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). Польша президенчĕ Войцех Ярузельский Польша Республикин Социал-демократийĕн Тĕп совечĕн председательне Александр Квасьневские тата çак партин (СДРП) Ĕç тăвакан тĕп комитечĕн генеральнăй секретарьне Лешек Миллера йышăннă.

Çĕнĕ политика пĕрлешĕвĕн руководителĕсем президента учредительнăй конгресс мĕнле иртни тата унăн результачĕсем çинчен каласа панă, çавăн пекех СДРП тĕрлĕшухăшлăха, социаллă тĕрĕслĕх принципĕсене тĕпе хуракан демократиллĕ сулахайри вăйсен анлă юхăмĕ пулса тăма, Польша государствине аталантарма тата Европăра унăн позицийĕсене çирĕплетме пулăшакан тарăн улшăнусем туса ирттерме тăрăшни çинчен пĕлтернĕ.

Социал-демократи сулахайри вăйсемпе социаллă прогресшăн кĕрешекен организацисем хушшинче хăйĕн союзникĕсене шырама пуçлать. Çавăн пекех вăл конституципе килĕшÿллĕн демократие аталантарма, Польшăна йывăрлăхран илсе тухма, çавăн пекех унăн экономикине çирĕплетме пулăшакан радикаллă реформăсем пурнăçа кĕртме тĕллев тытнă ытти вăйсемпе килĕштерсе ĕçлеме хатĕр

## Студентсем шанмаççĕ

ТОКИО, январĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). Япони студенчĕсем çĕршыври политика деятелĕсене шанманнине палăртаççĕ.

Токиори Васэда университетĕнче вĕренекен çĕр студентран саккăрăшĕ çеç «вăйлă çынсене» хисепленине кăтартса панă. Асăннă университетран хăй вăхăтĕнче çĕршывăн хальхи премьер-министрĕ Тосики Кайфу вĕренсе тухнă. Çĕршыври паллă «Майнити» хаçат суйлав умĕн ирттернĕ тĕпчевĕн результачĕсем ыйтса пĕлнĕ студентсенчен 70 проценчĕ Япони парламенчĕн представителĕсен ... ирттерме палăртнă суйлавне хутшăнма шутланине кăтартса параççĕ.

Вĕренекенсенчен ытларахăшне шутланă тăрăх, ун-çа-тенĕ политикăра мĕнпур ыйтăва татса парать, çак формулăпа малашне те усă курма тивет. Енчен те çак «услам» пуйма пулăшмасть пулсан, пĕр çын та политикăра ĕçлемен пулĕччĕ, — шутлаççĕ студентсем. Вĕсем влаçра тăракан либерал-демократсен партийĕ обществăн политика системине тĕпрен çĕнетсе улăштарасса ĕненмеççĕ.

Ыйтса пĕлнĕ студентсенчен пĕрре виççĕмĕш пайĕнчен сахалтарах ушкăнĕ консерватор... нă.

## Вице-президент пĕлтерни

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). США вице-президенчĕ Д. Куэйл ... пирĕн вĕрентме кирлĕ мар. Эпир мирлĕ протестсенчен айккине тăратпăр, эпир хăйсен ...

---



## Ветерансем çинчен

# Пархатарлă кунçул

... помечника III степень Мухтав орденĕпе наградăланă. Берлинпа çитме 50 километр юлсан, ăна каллех амантнă.

Çар службипе Петр Никифорович 1947 çулта вĕçленĕ. Малтан Патăрьелĕнчи çыхăну кантурĕнче ĕçленĕ. Канашра механизатора вĕреннĕ. Ултă çул хушши комбайнер пулнă. Çав вăхăтра техникăпа лайăх пĕлсе çитнĕ. Çакна шута илсе-тĕр, ăна МТСри склад заведующийĕ пулма çирĕплетнĕ.

П. Кипаев, ялхуçалăхпа техникăпа тивĕçтерес тĕлĕшпе вăтăр çул ытла ĕçлесе, ырă ят çĕнсе илнĕ. Вăл тÿрĕ кăмăлпа ĕçленине, наставник пулнине нумай наградăпа çирĕплетнĕ. 1976 çулта Петр Никифорович «Хисеп Паллин» орденне илме тивĕçлĕ пулнă.

Мăшăрĕпе — Елена Яковлевнăпа — икĕ хĕрпе ывăл çитĕнтернĕ. Иккĕшĕ производствăра вăй хураççĕ, кĕçĕнни Совет Çарĕнче хăйĕн службăри тивĕçпе тÿрĕ кăмăлпа пурнăç...

## Вулаканпа калаçатпăр

# КАЯЛЛА ТАВĂРСА ПАНĂ

Ф. Г. ГЕРАСИМОВА, пенсионерка (Алкеш поселокĕ)

Эсир Алькешра пропискăра тăмасăр, хальхи вăхăтра Хусанти чугун çул çинче ĕçлетĕр. Пенсие тухни 3-мĕш çул пулин те, Сире 1989 çулшăн ялхуçалăх налогне (29 тенкĕ) тÿлеттерне. Çакăнпа килĕшмесĕр, Эсир Калинин районĕçтăвкомĕн финанс пайне кайнă — унта ыйтăва тивĕстермен, тетĕр.

Сирĕн çыру çине Чăваш АССР финанс министрĕн заместителĕ ...

кашни район пуçне пĕр çын та хăшпĕр штатсене петерĕç.

Готвальд тата Майăн перремĕшĕ ячĕпе хисеплесекен урамсен ячĕсене улăштарма палăртна.

Готвальд памятникĕсене пур çĕртен те илеççĕ. Оломоуц хулинче Ленинпа Сталинăн Октябрьти Социализмлă Аслă революци площадĕнчи 11 метр çӳллĕш скульптурăллă композицине пăсна та вырăнти музей запасникне леçтнĕ. Площаде 1969 çулта хăйне-хăй çунтарса янă Палах студент ятне панă.

Массăллă информаци органĕсем тĕлĕшпе те лару-тăру улшăннă. Çĕнĕрен 25 тĕрлĕ хаçат-журнал тухма пуçланă. Çĕнĕрен çуралнă «пикама пăхăнманнисем» иртнĕ вăхăтри хаçатсемпе журналсен традицийĕсене вăйа кĕртесшĕн. Чехословаки коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ кăларса тăнă кашнĕк журнала кăларма пăрахнă. Пичет çинчен калакан çĕнĕ закон хатĕрлеççĕ.

## Хонеккера ирĕке кăларнă

БЕРЛИН, январĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). Ытларикун каçхине ГДР партипе государство руководителĕ пулнă Эрих Хонеккера ирĕке кăларнă.

Çакна Берлинăн хула сучĕ решенийĕпе килĕшӳллĕн тунă. АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ирĕке кăларнă хыççăн Э. Хонеккера тӳрех Бернау сывлăхĕнчи чиркӳ учрежденийĕсенчен пĕрне илсе кайнă.

## Студентсем шанмаççĕ

ТОКИО, январĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). Японин студенчĕсем çĕршыври политика деятелĕсене шанманнине палăртаççĕ.

Токиори Васэда университетĕнче вĕренекен çĕр студентран санкăрăшĕ çеç «вăйлă çынсен» хисепленине кăтартса панă. Аслăнă университетран хăй вахăтĕнче çĕршывăн хальхи премьер-министрĕ Тосики Кайфу вĕренсе тухнă. Çĕршыври паллă «Майнити» хаçат суйлав умĕн ирттернĕ тĕпчевсен результачĕсем ыйтса пелнĕ студентсенчен 70 проценчĕ Японин парламентĕн представительсен палатине февралĕн 18-мĕшĕнче ирттерме палăртнă суйлавне хутшăнма шутланине кăтартса параççĕ.

Вĕренекенсенчен ытларахăшĕ шутланă тăрăх, ункă-тенхĕ политикăра менпур ыйтăва татса парать, çак формулăпа малашне те усă курма тивет. Енчен те çак «услам» пуйма пулăшмасть пулсан, пĕр çын та политикăра ĕçлемен пулĕччĕ, — шутлаççĕ студентсем. Вĕсем влаçра тăракан либерал-демократсен партийĕ общество политика системине тĕпрен çĕнетсе улăштарасса ĕненмеççĕ.

Ыйтса пелнĕ студентсенчен пĕрре виççĕмĕш пайĕнчен саххарах ункăлĕ консерваторсем малла пулнн çинчен калаçнă.

## Вице-президент пĕлтерни

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). США вице-президенчĕ Д. Куэйл Эй-би-си телекомпани представителĕпе калаçнă. Дж. Буш президент пекех, эпĕ те ССР Союзне улшăнусен политикине пурнăçа кĕртес ĕçре ӳсĕм тума ырă сунатăп, тенĕ вăл.

ССР Союзĕнчи сепаратистла юхăмсем çине Пĕрлешӳллĕ Штатсем мĕнле пăхни çинчен ыйтсан, вице-президент çапла ответленĕ: «Горбачев Председатель умĕнче пысăк проблема тăрать. Çакнашкал лару-тăрура вĕл тумаллине эпĕ пирĕн вĕрентме кирлĕ мар. Эпир мирлĕ протестсенчен айккине тăратпăр, эпир хăйсен пуханчве палăртма тăрăшакан çынсене хӳтĕлетпĕр. Çакă уççăнлăхпа пĕтĕмĕшпех килĕшсе тăрать. Ман шутпа, пирĕн чикĕсем палăртасси е вĕсене улăштарасси çинчен сăмах хускатмалла мар. Эпир çак ĕçе хутшăнаспăн мар».

«Эстоние, Латвие тата Литвана Совет Союзĕн обставне кĕртнине США нихçан та тĕрĕс тесе шутламан», — тенĕ вăл.



*Ветерансем çинчен*

# Пархатарлă кунçул

Канаша ирĕке кăларасшăн пынă çапăçусенче хăюлăх кăтартнăшăн П. Н. Князева «Паттăрлăхшăн» медальпе наградăланă. Кунтах ыйвăр аманнă. Сывалсан, Крымра çапăçнă. Каллех «Паттăрлăхшăн» медаль илме тивĕçлĕ пулнă. 1945 çулта Польшăра кĕтсе илнĕ. Нимĕç фашисчĕсене Висла юханшывĕ хĕрринче çапса аркатнă çĕре хутшăннă. Бранденбург провинцийĕнче пынă çапăçусенче палăрнăшăн П. Князев минометчика III степень Мухтав орденĕпе наградăланă. Берлина çитме 50 километр юлсан, йăпа каллех амантнă.

Çар службине Петр Никифорович 1947 çулта вĕçленĕ. Малтан Патăрьелĕнчи сыхăну кантурĕнче ĕçленĕ. Канашра механизатора вĕреннĕ. Улта çул хушши комбайнер пулнă. Çав вăхăтра техникăна лайăх пĕлсе çитнĕ. Çавна шута илсе-тĕр, ăна МТСри склад заведующийĕ пулма çирĕплетнĕ.

П. Князев, ялхуçалăхне техникăпа тивĕçтерес тĕлĕшпе вăтăр çул ытла ĕçлесе, ырă ят çĕнсе илнĕ. Вăл тӳрĕ кăмăллă, тăрăшуллă, хастар ĕçченшĕн пулнине нумай награда çирĕплетет. 1976 çулта Петр Никифорович «Хисеп Палли» орден илме тивĕçлĕ пулнă.

Мăшăрĕпе — Елена Яковлевнăпа — икĕ хĕрпе ывăл çитĕнтернĕ. Иккĕшĕ производствăра вăй хураççĕ, кĕçĕнни Совет Çарĕнче хăйĕн служба тивĕçне тӳрĕ кăмăлпа пурнăçлать.

Я. СОРОКИН.

Патăрьел районĕ.

*Ӳкерчĕк çинче: П. Н. Князев.*

# ЫРĂ ЙĔР

Вăрнар районĕнчи Тури Сармăсри сад ăсти А. И. Савельев 90 çулта ĕнтĕ. Пурнĕр хăйне вăр-вар тыткалать. Арăмĕ унăн 15 çул каялла çĕре кĕнĕ, халĕ Александр Игнатьевич пĕччен пурăнать.

Качча чухне вăл Деникин, Юденич, Махно çарĕсене хирĕç çапăçнă. Тăван яла таврăнсан, сад пахчи ĕрчетнĕ. Аслă Отечественнăй вăрçă пуçлансанах фронта тухса кайнă. Икĕ хутчен аманнă. Киле таврăнсан, хурт-хăмăр ĕрчетнĕ. Çак ĕçре пиллĕк кунччĕнех тăрăшать. 20 вĕлле тытать «Этеме пыл кирлĕ. Ăна çинипе пилĕк кунччĕнех хама аван туятăп. Ĕçлес килет», — калаçа парать мучи. Вăл ларгăнă ниçĕр ытла йывăç ила илем кӳрет.

Х. ГОРДЕЕВ,

вăрçă тата ĕç ветеранĕ.

Канаш районĕ.

*Вулаканпа калаçатпăр*

# КАЯЛЛА ТАВĂРСА ПАНĂ

Ф. Г. ГЕРАСИМОВА,

пенсионерка

(Алкеш поселокĕ)

Эсир Алькешре прописка́ра тăракан кирлĕ документсене ăсатма ти чугун çул çинче ĕçлетĕр. Пенсие тухни 3-мĕш çул пулин те, Сире 1989 çулшăн ялхуçалăх налогĕ (29 тенкĕ) тӳлеттернĕ. Çакăнпа килĕшмесĕр, Эсир Калинин райĕçтăвкомĕн финанс пайне кайнă — унта ыйтăва тивĕçтермен, тетĕр.

Сирĕн çыру çине Чăваш АССР финанс министрĕн заместителĕ Н. В. Смирнов хуравларĕ. Хальхи законодательствăпа килĕшӳллĕн, хулара пурăнакан кашни çынна çурт-йĕрпе (е унăн пайĕпе) тата çĕр лаптăкĕпе усă курнăшăн налог хураççĕ. Ку ялхуçалăх налогĕ шутланмасть. Ялхуçалăх налогне ял çыннисен пĕтĕм хуçалăхĕшĕн, çĕр лаптăкĕ мĕн пысăкăш пулнине курă, тӳлеттереççĕ.

Енчен те çĕр участокĕпе темиçе çын усă курать пулсан, налога уйрăмшарăн хураççĕ. Çурт-йĕрпе çĕр лаптăкĕн хуçисене, вĕсем пенсие тухсан, налог тӳлессинчен хăтараççĕ. 1987—1988 çулсенче Сире, Федор Герасимович, налог тӳлеттермен. Анчах, кирлĕ документсем пулманнипе, 1989 çулшăн налог хурса, Калинин райĕçтăвкомĕн финанс пайĕ тĕрĕс мар тунă. Халĕ çак йăнăша тӳрлетнĕ. Сире налог суммине — 29 тенкĕ те 71 пус почтăпа каялла ярса панă.

# ВĂРÇĂРА ВИЛНĔ ПИЧЧЕШĔН

А. Г. ГРИГОРЬЕВĂНА

(Шупашкар районĕ, Тури Макаç ялĕ)

Сирĕн пиччĕр, Анатолий, иртнĕ вăрçăра пуç хунă. Вилнĕ хучĕ те пур. Вăрçăра вилнĕ мăшăрĕшĕн, ывăлĕшĕн нумай çынна́н укçа «тухнă». Сирĕн аçăрпа аннĕр те пурăннă чухне пенси илнĕ. «Халĕ мана вăрçăра вилнĕ пиччешĕн патшалăх укçа тӳлеме тивĕçлĕ-ши?» — ыйтатăр Эсир.

Шупашкар райĕçтăвкомĕн председателĕ В. С. Давыдов çапла ăнлантарса панă: СССР Министрсен Совечĕ 1986 çулхи сентябрĕн 18-мĕшĕнче «Аслă Отечественнăй вăрçа хутшăннисене тата вилнĕ çар çыннисен çемйисене çĕнĕ çăмăллăхсем парасси çинчен» йышăннă постановленипе килĕшӳллĕн, çĕршыва хӳтĕлесе е çар службин ытти тивĕçĕсене пурнăçланă чухне вилнĕ çар çыннисен арăмĕсене тата ашшĕ-амăшĕсене, вĕсем пенсионерсем пулсан, пурăнмалли лаптăк, коммуналлă пулăшу, çавăн пекех топливо хакĕн 50 процентне кăна тӳлемелле.

Çапла вара, Алевтина Григорьевна, вăрçăра вилнĕ çынна́н аппăшĕ (е йăмăкĕ) ку çăмăллăхсемпе усă кураймасть.

# ХĔРАРĂМСЕМ ВАЛЛИ — ÇĔНĔ ЖУРНАЛ

**Нумаях пулмасть Мускавра çыравçă-хĕрарăмсен федерацийĕн учредительнăй конференцийĕ пулса иртнĕ. Пĕтĕм Союзри çыравçă-хĕрарăмсем пухăнса, хăйсен канашне çитнĕ ыйтăвĕсене сӳтсе явнă. Чăваш республикинчен унта Раиса Сарпи поэтесса пулнă. Ăна федераци советне суйланă.**

МЕНЛЕРЕХ тĕллев лартăха федераци хăй умне? Пирĕн çĕршывра хĕрарăм çинчен сахал мар юрă юрланă. Анчах унăн пурнăçри пĕлтерĕшне, шухăш-кăмăлне, ĕçне халиччен тивĕçлипе хакламан. Литературăра та унăн вырăнĕ çирĕп пулмак. Чи малтанах çак проблемăсене çĕкленĕ федераци членĕсем. Хĕрарăмсем валли çĕнĕ журналсем кăларма палăртнă.

«Анне-кэпе». Тен, çак сăмахсен пĕлтерĕшне халь хăшĕ-пĕри ăнланмасть те пуль. Ку каларăшăн малалли те пур. «Анне-кэпе. Унпа вăрçма юрамасть». Пулас ăру тĕрĕс-тĕкел аталанасси, кăмăл-сипет пуянлăхĕ, çемье çирĕплĕхĕ — пурте хĕрарăмран килет. Хĕрарăм — пурнăç тымарĕ. Обществăн вара пĕлмеллех — мĕнле çăлкуçсенчен чĕрĕлĕх илсе тăрать çак тымар. Паян вăхăт тем тĕрлĕ ыйту, йывăрлăхсем кăларса тăратрĕ пирĕн ума. Общество ку вулăмсенчен хĕрарăмсене пăрса хăварни, вĕсен сассине илтменни, шухăш-ĕçĕсене шута хумасăр малалла кайма хăтланни тепĕр йăнăш пулĕччĕ.

Иртнĕ кунсенче çак тĕллевпех Чăваш АССР Писательсен союзĕнче пулса иртнĕ проза тата ача-пăча сехийĕсен ларăвĕнче ку ыйтусене çĕнĕрен хускатнă. Унта чăваш хĕрарăмĕсем валли «Еçхĕрарăмĕ» журнал кăларма хатĕрленмелле тесе йышăннă, обществăлла редколлеги йĕркеленĕ. Пĕтĕм Союзри çыравçă-хĕрарăмсен федерацийĕн Чăваш Писателĕсен союзĕ çумĕнчи уйрăмне йĕркелесе пархатарлă ĕç пуçарнă Раиса Сарпие редактор пулма суйланă. Çамрăк талантсене хăй таврa пуçтарса çырас ăсталăха туптама, пичетре кун çути курмашкăн пулăшма шутлать поэтесса.

Обществăлла редколлегире — О. Денисова, З. Сютрукова, О. Талля, В. Эльпи, М. Мареева, Ю. Силэм, Н. Сильвестрова, Е. Арланова, Л. Федорова, Л. Сачкова, Р. Сарпи. Паллах, ытти изданисем пекех, журнал редколлегирен çеç тытăнса тăмасть, кăмăл тăвакансене ку ĕçе пурне те аплăн хутшăнма чĕнетпĕр. Ытти республикăсен, сăмахран, тутарсен, тахçанах пур çакăн пек журнал. «Азат хатын» («Ирĕке тухнă хĕрарăм») ятлă вăл. Çак журналта çирĕм пилĕк çул редакторта ĕçленĕ тутарсен паллă çыравçи Мадина Маликова — Раиса Сарпин çывăх пĕлĕшĕ, май çитнĕ таран пулăшма пулнă, туслă çыхăну тытма сĕннĕ. Вĕсенчен вĕренмелли сахал мар пулĕ.

«Еçхĕрарăмĕ» журнал пирĕн паян пĕрремĕш хут каласмаст. пăр. 1928—1941 çулсенче тухса тăнă вăл.

...ИР ПУЛАТЬ те, каç пулать — вăхăт шăвать, кун иртет. Ĕçре те ĕç, килте те ĕç. Çиме ларсан та канăç çук — мĕн чухлĕ ăшталанмасть-ши хĕрарăм тени. Кил-çуртне, ачипăчине, упăшкине тирпейлет, хăйĕн валли вара час-часах вăй-хал та, вăхăт та юлмасть. Елĕк ыйвăр пулнă теççĕ. Халь те çăмăлах мар. Аса илер-ха Çеçпĕл Мишшин «Чăваш арăмне» сăввине:

...Камăн вăл кунçулĕ йывăр?
Хурлăхлă кунçулĕ?
Чăваш арăмĕн пулмасăр
Камăн тата пулĕ?
...Турчăка-мĕлкерен урăх
Нимĕн те курман эс.
Сут тĕнче курма тухасшăн
Тăрăшман айван эс.

Ухватпа турчăка халь те чылай чăваш хĕрарăмĕ аллинчен кайман. Тĕпел кукринчен нимçете тухса курманнисем те сахал мар. Пур-ха, космоса вĕçнисем те пур çĕршыври хĕрарăмсем хушшинче. Темле чаплă чыс-хисене тивĕçлисем те, вĕреннисем те сахал мар. Анчах пĕр-пери çинчен мĕн пĕлетпĕр-ха эпир. Аслисем, пайăнсем, культурăн çӳлти шайне çитнисем ыттисене хăйсем хыççăн чĕнчĕр, çул кăтартса пычăр. Çĕнĕ журнал çавна тума чĕнинех пулĕ. Паллах, вырăсла тухса тăракан «Работница», «Крестьянка» журналсем те пур-ха. Çапах та... Хамăр тăван чĕлхепе вулама та кăмăллăрах, ăнланма та çăмăлрах. Тата хамăр халăхăн манăçа юлса пыракан кĕпе-тумтирне, тĕррисене, апат-çимĕç хатĕрлес ăсталăхне вса илсе çĕнетсе аталантарасси пархатарлă ĕç мар-и?

ÇЫН çăкăрпа çеç пурăнмасть.

Пулас журналта çыравçăхĕрарăмсен сăвви-юрри, калавĕ-повеçĕ пичетленĕç. Общество деятелĕсем сăмах илĕç. Тĕнче тата хамăр халăхăн культура деятелĕсемпе, вĕсен пултарулăхĕпе (чаплă картинисемпе, алăстисен ĕçĕсемпе) паллаштарĕ сире журнал. Çемье, моральпе нравственность, воспитани ыйтăвĕсемпе ятарлă рубрика пулĕ, хĕрарăмсен килти пурнăçĕпе, ĕçри вырăнĕпе интересленĕ, çитменлĕхсенчен пăрăнса иртсе каймĕ.

ЖУРНАЛ МЕНЛЕ ПУЛАССИ вулакансенчен нумай килет. Эсир мĕнле куратăр пулас журнала? Мĕнле ыйтусем хумхантараççĕ сире? Çырусем çырăр, хыпарлăр, — алла ручка тытма ан ӳркенĕр. Вулакансен çырăвĕсем валли уйрăм кĕтес пулĕ — сирĕн ыйтăвăрсене хуравлама специалистсене йăçтарма тăрăшĕ редколлеги.

Пулас журналăн халлĕхе ятарлă ĕç вырăнĕ çук-ха, çавăнпа редколлеги Р. Сарпи хваттерĕнче пухăнать. Çырусене çак адреспа ярăр: г. Чебоксары, ул. Мичмана Павлова, д. 48 кв. 53. Р. В. Бородиной (Сарпи).

Л. САЧКОВА.



ЭФИОПИ. Уолло провинцийĕ — Эфиопире чи типĕ районсенчен пĕри. Нумай вăхăт хушши çумăрсем çуманнине пула кунти лару-тăру питĕ çивĕчленсе çитнĕ.

Çанталăк типĕ тăни, çавна май çĕршыв умне тухса тăракан йывăрлăхсене хирĕç кĕрешесси — халĕ пурнăçа кĕртсе пыракан пилĕкçуллăх программин тĕп тĕллевĕ. Тăпра эрозине чармашкăн, ăнă, тусем айккинче ялхуçалăх культурисем çитĕнтермелли террасăсем тăваççĕ. Çакăнпа пĕрлех государство хресченсен ассоциацине пулăшу парать, вĕсен продукцине реализацилет. 1984—1985 çулсенче çанталăк питĕ типĕ тăнине пула Эфиопире чылай провинци инкек курнă, пиншер çын вилнĕ. Халĕ çĕршыв правительстви çакăн пек инкек урăх ан пултăр тесе çине тăрса ĕçлет. Типĕ çанталăк тăракан районсенчен çынсене урăх çĕре куçараççĕ. Çĕнĕ вырăнта вĕсене çурт-йĕрпе, шыпа, ялхуçалăхĕн ĕçĕмне усă курмалли хатĕрсемпе тивĕçтереççĕ, медицина пулăшăвĕ параççĕ.

*Ӳкерчĕк çинче: Уолло провинцийĕнчи Абншу ялĕнчи çăлкуç патĕнче.*

АНД-ТАСС фотоӳкерчĕкĕ.

**КĔСКЕН ТЕМТЕПĔР**

## Чăматанра — тимĕр шапасемпе калтасем

БАНГКОК. Тĕнчери çĕршывсен Бангкокри аэропортĕнче пассажирсен багажĕсене тĕрĕсленĕ чухне таможня работникĕсем пĕр çамрăк японецăн чăматанĕсене уçса кăтартма ыйтнă. Японец хăйĕн чăматанĕсене уçсан, аэропорт работникĕсемпе туристсем тĕлĕнсе хытса кайнă: вĕсенче 98 тимĕр шапа тата 200 ядăм шыври калта пулнă. Çав чĕрчунсенчен нумайăшĕ — «Хĕрлĕ кĕнекене» кĕртнĕскерсем.

## Ача сутакансем

СИНГАПУР. Çак çĕршывра тин çеç çуралнă ачасене сутасси йăлана кĕнĕ. Ачасăр мăшăрсем ачана питĕ хаклă тӳлесе тукаççĕ. «Нью Пэйпа» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, тин çеç çуралнă арçын ача Америка долларĕпе илсен 8—10 пин доллар, хĕрача 3 пин доллара кайă тăрать.

Çак «таварсе сутакансем — нумай ачаллă чухăн çемьесем, çавăн пекех заплăт хăйĕн ачишăн отвелăĕ тума пĕлмен 13—19 çулсенчи хĕрарăмсем.

ТАСС.

*Ялти почтальон*

# Çултан çул ытларах

ХУТАРТИ сыхăну уйрăмĕ. Почта машини Шупашкартан çитмен-ха. Почтальонсем вара пурте вырăнта, хаçат-журнал илсе килессе кĕтеççĕ. 1990 çул валли çыравнисен квитанцийĕсене сыхăну уйрăмĕн начальникне Зоя Никитина Романовăна параççĕ, укса-тенкĕпе çыханнă документсене тĕрĕслеççĕ.

— Хаçат-журнал валеçсе килтен киле çÿресси маншăн савăнăç. Куратăн: эсĕ кирлĕ çын, сана пурте кĕтеççĕ, — терĕ Хутарти почтальон Зоя Романовна Викторова.

Вуннăçĕ çул вăл почтальонра. Унчченхи колхозра сысна пăхнă, пилĕк çул фермăра доярка пулнă. Почтальон ĕçĕ унтинчен канăçлăрах пулĕ тесе, сыхăну уйрăмне куçнă та часах туйса илнĕ: фермăри пекех канăçăр иккен почтальон ĕçĕ. Сивĕре те, çумăрта та ял тăрăх çÿремелле — хаçат-журнал, çыру валеçмелле. Хаçатсем çес килнĕ кунсенче те сумки тулли те, журналсем валеçнĕ чух пĕтĕмпех йăтса каймасть. Сыхăну уйрăмне тепре килме тивет.

Иртнĕ çул «Коммунизм ялавĕ» хаçата ялта 90 экземпляр çырнă. 1990 çулта тата ытларах илсе тăма пуçларĕç. Унччен çырăнса илменнисем те кăмăл тунă. Кăçал валли çырăнма, акă, Сергей Иванович Десницкий — вырăс çынни, тимĕрçĕ те шут тытнă, Хутара куçса килнĕскер, чăваш чĕлхине вĕренет.

— Ун пек çынсем Хутарта тата пур, — тет Зоя Романовна. — Хама хумхантаракан статьясем пичетленсен, вĕсем çинчен пĕрне те тепĕрне калаçса кăтартатăп. Ял çыннисем пурнăçри тĕрлĕ пулăмсем — калăпăр, çемьери хутшăнусем, юрату, çынсен шăпи çинчен çырнă материалсене вулама юратаççĕ. Судпа прокуратура, следстви органĕсен ĕçĕ-хĕлĕпе çыхăннă статьясене тимлесе вулаççĕ, пĕрремĕш тепри илтсе, хаçат туянса пама ыйтаççĕ. Çавăн пек статьясем ытларах пичетлĕр-ха, вара «Коммунизм ялавĕ» хаçата çырăнакансен йышĕ тата хушăнĕ, — пĕлтерчĕ Викторова халăх шухăшне.

— «Коммунизм ялавĕ» хаçата чылай сарăхăшăн редакци пĕлтĕр мана Хисеп грамоти парса хавхалантарчĕ. Коллектив умĕнче пачĕç те, хĕпĕртенĕскер, киле ăна алăрах тытса таврăнатăп. Пĕр çын курчĕ те, ыйтать — кама валли ку чаплă хут, тет. Хама сума суса пачĕç терĕм те, тĕлĕнчĕ, почтальон ĕçне çапла хисепе хупа уншăн кĕтмен япала пулчĕ курăнать, — каласа кăтартрĕ З. Викторова.

Хутарти сыхăну уйрăмĕнчи ытти почтальонсем те республикăри чăвашла хаçатсене çырăнтарас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ. 1990 çул валли пĕлтĕрхинчен чылай ытларах çырнă.

СЫХĂНУ уйрăмĕн начальникĕ Зоя Никитина Романова, хастар ĕçшĕн редакцин Хисеп грамотине илме тивĕçлĕ пулнăскер. Янтари Полина Михайловна Петрова тата Пилешкассинчи Мария Максимовна Магупова почтальонсемпе те кăмăллă. Магупова, сăмахран, почтальонра 23 çул хушши.

# Пĕрне кура тепри

ЮМАНАЙПА Турханти сыхăну уйрăмĕсенчи почтальонсене те мухтать районти «Союзпечать» агентстви начальникĕ Мария Михайловна Майорова. «Коммунизм ялавĕ» хаçата пĕлтĕрхинчен ытларах çырнă вĕсем. Сăмахран, Юманайри сыхăну уйрăмне кĕрекен ялсенче кăçал 242 экземпляр илсе тăраççĕ. Вăхăтра килсе парса, хаçатри хăш материалсем уйрăмах интереслине каласа кăтартса, кунти почтальонсем çынсене хаçатпа çывăхлатаççĕ. Юманайĕнчи Раиса Шатаева, Куракассинчи Зоя Мидакова, Уйпуç Ялтăрари Юлия Измайлова почтальон тивĕçне тăрăшса пурнăçлаççĕ.

Турханти сыхăну уйрăмĕн почтальонĕсемпе калаçнă чух акă мĕн асăрхарăм: сĕнетĕ тапхăрĕнче пичетĕн ролĕ палăрмаллах ÿснине лайăх ăнланаççĕ вĕсем. Ку енĕпе тăван чĕлхен пĕлтерĕшĕ пысăк пулнă май, чăвашла хаçатсем сарассине ытларах хаклама пуçланă.

— Унччен çырăнманнисем те «Коммунизм ялавĕ» илсе тăма пуçларĕç, — терĕ Варвара Долгова, почтальонта вунпилĕк çула яхăн ĕçлевĕскер. Вăл та, Елизавета Скрипкова, Анфиса Прохорова, Зоя Киргизова, Ирина Иванникал почтальонсем те ĕçри чăрмавсем пирки пăшăрханса калаçрĕç.

— Шупашкартан республика хаçачĕсене кирлĕ чухлĕ ярса памаççĕ. Тĕркере сĕр хаçат пулмалла чух час-часах 3—7 экземпляр тарап çитмест. Вара савăп чухлĕ семье хаçатсăр тăрса юлать. Эспр почтальонсем, памастăр тесе, пире кÿренеççĕ. Сăлтавне каласа, пĕр хутĕнче пĕрпе, тепринче урăххисене памасăр хăварма тивет.

Айăпĕ — хаçата пичетлесе паракапра, хаçат-журнал экспедицийĕнче. Кунта ситлĕклĕ шутласа хумаççĕ. Кăтартнă çитменлĕх Сĕмĕрле районĕнчи почтальонсене кăна мар, ытти районсенчисене те пăшăрхантарать. Çавăнпа экспедици руководителĕсем, ответлăха ÿстерсе, хаçатсене пĕр экземпляр та сахалрах ямалла мар тумалла. Вулакан кашни экземпляршăн укса тÿленĕ-çке. Айăпсăр почтальонсем пирки ÿпкелешмелле ан пултăрччĕ малашне.

**И. МОИСЕЕВ.**
Сĕмĕрле районĕ.

# ГТО—СЫВЛĂХ НИКĔСĔ

**ГТО комплексĕн нумай енĕсене кăçал Чăваш АССРĕн хĕллехи X спартакиадин программине кĕртнĕ. Иртнĕ канмалли кунсенче вара Шупашкарта республикăри финалти ăмăртусем пулса иртрĕç. Старта 21 хулапа районти 140 физкультурник тухрĕ.**

Тĕрлĕ çулсенчи, тĕрлĕ çĕрте ĕçлекен çынсене куртăмăр эпир çак ăмăртусенче. Шупашкарти приборсем тăвакан заводра инженер-технологра ĕçлекен В. Ильин, акă кăçалхи январь уйăхĕнче 57 тултарчĕ. Василий Николаевич çулне кура мар патвар. Хальхи чемпионатра вăл, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн поликлиникин рентгенологне В. Круглова тата Çĕнĕ Шупашкарти Е. Журавлев инженер-строителе кăшт кăна выляса ярса, аслă çулхи физкультурниксем хушшинче виççĕмĕш вырăн йышăннĕ. Чемпион ятне çĕнсе илнĕ Вячеслав Александрович Круглов пăшал пемелли тирта 100 очко пухма май пур çĕртен 99 очко илнĕ, турник çинче 23 хутчен туртăннĕ, 5 километрлă дистанцие йĕлтĕрпе 20 минут та 6 çеккунтра чупса тухрĕ. Аслă çулхи хĕрарăмсен ушкăнĕнче Сĕнтĕрвăррини вăрман хуçалăх техникумĕнчи А. Семенова лаборантка çĕнтерчĕ.

45—50 çулхи арçынсем хушшинче ГТО комплексĕн нумай енĕпе ăмăртса Вăрнар районĕнчи Санарпуçĕнчи вăтам шкулти Г. Никишов военрук пысăк çитĕнÿ турĕ. Нумай енлĕ кĕрешÿре Георгий Васильевич 144 очко пухрĕ. Çак результат СССР спорт мастерĕн кандидачĕн нормативĕнчен чылай лайăхрах. Иккĕмĕш вырăна Чăваш АССРĕн чемпионĕ ятне вунă хутчен çĕнсе илнĕ В. Байстрюченко (Шупашкарти Ленин районĕ) юлчĕ. Хĕрарăмсен ушкăнĕнче X спартакиадăн чемпионки ятне Шупашкарти чăлхапа трикотаж фабрикинчи М. Матвеева бригадир тивĕç пулчĕ.

Кăçалхи чемпионата Вăрнар районĕн ГТО значкисĕсем нумай хатĕрленнĕ. 18—27 çулхи хĕрарăмсен ушкăнĕнче, акă, çивĕч кĕрешÿре пĕрремĕш вырăна 29-мĕш профтехучилищĕре вĕренекен Лариса Никитина йышăнчĕ. Вăрнарсем ялти районсем хушшинче, 13 командăна хыçа хăварса, пĕрремĕш вырăна тухрĕç.

Хуласен ушкăнĕнче Чăваш

## Оборонăллă-массăллă ĕç уйăхлăхĕ

АССР Госкомспорчĕн куçса çÿрекен кубокне Шупашкарти Калинин районĕн физкультурникĕсем çĕнсе илчĕç. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене Çĕнĕ Шупашкар тата Улатăр хулисен командисем йышăнчĕç.

Çĕнтерÿçĕ-команда членĕсем пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекен Т. Краснова, А. Назарова, Н. Углев уйрăмах хастар хÿтĕлерĕç. Вĕсем те — Чăваш АССР чемпионĕсем. Хăйсен ушкăнĕсенче пĕрремĕш вырăн сене çавăн пекех Çĕнĕ Шупашкарти В. Петров, А. Лушин, Р. Алексеева, Н. Ульянов, Шупашкарти Ю. Русскова, З. Райкова тата А. Григорьев йышăнчĕç.

Çак ăмăртусем Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 72 çул тултарнине халалланă Пĕтĕм Союзри оборонăллă-массăллă ĕç уйăхлăхĕ пуçланнă вăхăтра иртрĕç. Çавна май республикăри чемпионата лайăхрах ГТО комплексĕн значкисĕсем асĕнче юлмалла иртерме пулатчех ĕнтĕ. Анчах та республикăри Госкомспортра ĕçлекенсем ăмăртусене сап-çаврах ĕлĕкхилле, алăран килтĕр тесе кăна йĕркелеççĕ. Çавăнпа та хальхинче те шăйрăксем сахал мар пулчĕç. Пăшал пемелли тирта, акă, кĕтмен туман сĕртен Вăрнар районĕнчи А. Порфирьевăн 4-мĕш шит çинчи мишенĕ çухалчĕ. Çак тĕслĕхе хăшпĕр судьясем вăрнарсене «ура хума» тăрăшнипе кăна илантарса пама пулать. Çапла майпа Александр, турник çинче 42 хутчен туртăннăскер тата 10 километра йĕлтĕрпе 36 минут та 24 çеккунтра чупса тухнăскер, чемпион ятне çĕнсе илме пултараймарĕ.

Кашни спорт енĕпе тенĕ пекех судьясем çитмерĕç. Çавна пулах спортсменсем иккĕмĕш кунхине те, винтовкăпа персе тата гимнастика упражненийĕсем туса, кайсем мерçе очко çĕнсе илнине тĕплĕн пĕлеймерĕç.

ГТО комплексĕ 30-мĕш çулсенчех комсомол сĕнĕвĕпе çуралнă. Вăл пуринчен малтан çамрăксене Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне лайăхрах хатĕрленме кирлĕ. Анчах та хăшпĕр хуласемпе районсенче халĕ ГТО комплексне хисеплеменни сисĕнет. Етĕрне, Канаш, Красноармейски, Пĕрреç, Элĕк, Улатăр районĕсенчен хальхи чемпионата пĕр физкультурник та тăратма пултараймарĕç. Пирĕн шутпа, айăпĕ кунта — чылай районти комсомол тата физкультура организацийĕсен пуçарулăхпа çаврăнăçулăх çитменнинче. Республикăри ăмăртусенче те, акă, эпир юлашки вăхăтра ВЛКСМ обкомĕн ответлă работникĕсене пачах курмастпăр.

ГТО комплексĕ ачасене те, ашсемпе хĕрсене те, аслă çулхи çынсене те, урăхла каласан, пурне те кирлĕ. Кам çак комплекспа туслă, çавă яланах сывă çын, чир-чĕре парăнмасть. Эппин, уйăн ĕç тухăçлăхĕ те пысăк, вăл вĕренÿре те хастар. Апла-ха ГТО комплексĕне вăйлăрах туслашар.

**Г. ТРОФИМОВ,**
СССР спорт мастерĕн кандидачĕ.

АМУР ОБЛАÇĔ. Байкалпа Амур магистралĕ çинче пассажирсем илсе çÿрекен çĕнĕ маршрутсем уçăлнă. Красноярск—Усть-Кут—Амур çинчи Комсомольск—Хабаровск поездпа халĕ БАМăн пĕтĕм участокĕпе тухма пулать. Пассажирсем илсе çÿрекен составсем Нерюнгри хулинчен трассăн Хĕвеланăç участокĕ тăрăх Мускава çитеççĕ, çавна май çул çинчи вăхăт 8 сехете яхăн кĕскелнĕ. БАМ çинче çавăн пекех Тында—Февральск тата Тында—Северобайкальск маршрутсем ĕçлеме тытăннă. Кăçалхи планпа килĕшÿллĕн груз çаврăнăшĕ тăватă хут ытла ÿсмелле.

Ÿкерчĕк çинче: БАМ трасси тăрăх поездсем ытларах çÿреме тытăннă май, çулсене пăхса тăрасси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ. Çул-йĕр рабочийĕсем О. Горбунов, А. Губарь тата В. Заблоцкий Тында станцийĕн районĕнчи çулсене пĕр-

*Поэзи кĕтесĕ*

Васлей ДАВЫДОВ-АНАТРИ

## Тăван кĕтес

Ăçта кăна çитсе курмарăм,
Тăван кĕтес, сана манмарăм,
Ялан асра тытса усрарăм,
Тен, çавăнпах пуçа усмарăм.

Ăçта кăна çитсе курмарăм,
Атте-анне килне манмарăм,
Тăван чĕлхем, сана упрарăм,
Чăваш çĕрне ялан мухтарăм.

Ăçта кăна çитсе курмарăм,
Инкек сиксе тухсан тармарăм,
Çĕршывăма куç пек сыхларăм,
Тăшман хурри пулса юлмарăм.

Ăçта кăна çитсе курмарăм,
Тăванăмсем, сире манмарăм,
Хĕрÿ ĕçре кайри пулмарăм,
Çĕршыв çинчен чунтан юрларăм.

Юрий ВИРЬЯЛ

## Мĕнле-ха чун юрламĕ?

Илемлĕ шуçăм ирхине
Çунат çапса хăпарчĕ,
Тин витнĕ çĕн çуртсем çине
Шевле тăкса тултарчĕ.

Кариккăн çинчи чăваш тĕрри
Халь чĕррĕн курăнать-тĕр,
Усмашкăн апăкне ярни
Кашни хваттерĕ хатĕр.

Ÿсет кермен, ÿсет квартал,
Ÿсет хула урамĕ.
Сĕнелекен Шупашкарта
Мĕнле-ха чун юрламĕ!

Хăлапсенчи Чул-паттăрсем
Кунта пиншерĕн мар-и, —
Пулăслăх хĕмĕпе хĕрсе,
Ĕçе тăраççĕ каррăн.

Мотор кĕвви, çынсен сасси
Янраççĕ кассăн-кассăн,
Килет-им кăмăн юласси
Ăмăртăва тухсассăн!

Чечеклĕ ашлăх хулине
Çунат сармашкăн вилăн
Вăй-хал парать ĕçченсене
Хĕвеллĕ тус-тăванлăх.

*Культура хыпарĕсем*

# Пултаруллисенчен пĕри

Вунă çул каялла Чăваш музыка театрĕнче çамрăк артистка Зинаида Прокопьева ăнăçлă ĕçleме пуçларĕ. Чи малтанах Штраусăн «Летучая мышь» оперетти нче вăл хавасăă та çепĕçă Адель рольне выляре, куракансене килĕшрĕ.

Халĕ З. Прокопьева репертуарĕнче кĕтĕвĕс та пысăк партисем Акă, Маргарита [illegible] Ярославна («Князь Игорь»), Микаэла («Кармен»), Иоланта («Иоланта»), Татьяна («Евгений Онегин») тата ытти рольсем. Çак сăнарсене калăрма пысăк ăсталăх кирлĕ.

Зинаида Прокопьева хăйĕнчне уйрăмах Сарпи («Шывармань») тата Тайпи («Чаклак») сăнарĕсем çывăххине пăлăртать. Чăваш кĕвви-çемми, [illegible], халăх çапуçĕ — [illegible] пурте кĕртеççĕ ăна. З. [illegible] ÿснĕ. Мĕн пĕчĕкрен юратнă юрлама-ташлама. Вĕсен çемйинче чăваш халăх юррисене час-часах юрланă. Зина çĕнĕ кĕвве-çемме хăвăрт вĕреннĕ, асăнсенчен юлман, часах вăл ялти тĕрлĕ уявсенче юрă пуçлакан пулса тăрать.

Çапах та тÿрех музыка çулĕпе утмасть-ха вăл Шупашкара килсен. 4 çул пир-авăр [illegible] лăх коллективĕсене те савăнсах хутшăнать. Тĕрлĕ конкурссенче, смотрсенче юрлать. Часах Ф. П. Павлов ячĕпе хисепленекен музыка училищине вĕренме кĕрет. Ун хыççăн — Хусанти консерватори.

Халĕ Зинаида Прокопьева — Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистки, Чăваш комсомолĕн Сеспĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премийĕн лауреачĕ. Республикăри ча паллă юрăçсенчен пĕри вăл.

# Актрисăн çĕнĕ ролĕ

Центрти телевидени иртнĕ эрнере икĕ сериллĕ «Зима в раю» ялемлĕ фильм кăтартрĕ. Паянхи çамрăксемпе аслисем хушшинчи [illegible] телефильма Алексей Тимм сценарийĕ тăрăх Александр Бланк кинорежиссер лартнă. Унти тĕп рольсенчен пĕрне — Женя рольне — Шупашкарта çуралса ÿснĕ чăваш хĕрачи Лариса Павлова вылярĕ. Маларах куракансем уйăн пултарулăхĕпе «Роковая ошибка» кинофильмра паллашнăччĕ. Вăл унта тĕп рольте пул-

*Спорт*

# Старт хыççăн старт

«Химпром» производство пĕрлешĕвĕн манежĕнче кăçал пысăк [illegible] ăмăртусем çине-çинех пулса иртеççĕ.

Çĕршывра мала тухассипĕн иртнĕ эрнере кунта 15—17 çулхи ухăçсем ăмăртрĕç. Финалта 325-шер очко пухса, пĕрремĕш вырăнсене Украина ухăçисем — СССР спорт мастерĕсем Наталья Бурдейкина (Одесса) Иван Казив (Черновцы хули) йышăнчĕç. Шел пулин те, ку хутĕнче призерсен шутĕнче чăваш спортсменĕсем [illegible] пулмарĕç.

Яшсемпе хĕрсем хыççăнах старта çитĕннĕ ухăçсем тухрĕç. Профсоюзсен Пĕтĕм Союзри ирĕклĕ физкультурăпа спорт обществин Центральнăй Совечĕ ирттерекен чемпионатра 100 ытла спортсмен ăмăртать. М-1 упражненире тĕнче чемпионки пулнă И. Солдатова, тĕнче класлă спорт мастерĕсем — Алма-Атари Я. Тукиянина Тува автономиллĕ республикăнчи Е. Тутачикова хушшинче çине кĕрешÿ пырĕ. Хăшпĕр [illegible] терĕ, анчах та М-1 упражнени вăл, Казахстан хĕрне выляса ярса, иккĕмĕш вырăна юлчĕ.

Арçынсем хушшинче халĕ Эстони командинчи Р. Кихе мала. Шупашкарти СССР спорт масте ĕ Ю. Алексеев — виççĕмĕш вырăнта.

**П. ПЕТРОВ.**

# Пĕр очко

# Японире тата Сочире

[illegible]

Вунă çул каялла Чăваш музыка театрĕнче çамрăк артистка Зинаида Прокопьева ăнăçлă ĕçleме пуçларĕ. Чи малтан Штраусăн «Летучая мышь» опереттинче вăл хавасла та евĕклĕ Адель рольне вылярĕ, куракансене килĕшрĕ.

Халĕ З. Прокопьева репертуарĕнче кăткăс та пысăк партисем. Акă, Маргарита («Фауст»), Ярославна («Князь Игорь»), Микаэла («Кармен»), Иоланта («Иоланта»), Татьяна («Евгений Онегин») тата ытти рольсем. Çак сăнарсене кăларма пысăк ăсталăх кирлĕ.

Зинаида Прокопьева хăйĕн шĕн уйрăмах Сарпи («Шывармань») тата Тайпи («Чакка») сăнарĕсем сывăххине палăртать. Чăваш кĕвви-ĕçемми, тăван чĕлхе, халăх çипуçĕ — çаксем пурте илĕртеççĕ ăна.

З. Прокопьева Етĕрне районĕнчи Мăн Чурашра çуралса ÿсне. Мĕн пĕчĕкрен юратна юрлама-ташлама. Вĕсен çемйинче чăваш халăх юррисене час-часах юрланă. Зина çĕнĕ кĕвве-çемме хăвăрт вĕреннĕ, аслисенчен юлман, часах вăл ялти тĕрлĕ уявсенче юрă пуçлакан пулса тăрать.

Çапах та тÿрех музыка çулĕпе утмасть-ха вăл Шупашкара килсен, 4 çул пар-авăр тĕртет. Художество пултарулăх коллективĕсене те çаврăнсах хутшăнать. Тĕрлĕ конкурсене, смотрсене юрлать. Часах Ф. П. Павлов ячĕпе хисепленекен музыка училищине вĕренме кĕрет. Ун хыççăн — Хусанти консерватори.

Халĕ Зинаида Прокопьева — Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистки, Чăваш комсомолĕн Çеçпĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премийĕн лауреачĕ. Республикăри чи паллă юрăçсенчен пĕри вăл.

**В. ГРИНЧУК.**

## ролĕ

Центрти телевидени иртнĕ эрнере икĕ сериллĕ «Зима в раю» илемлĕ фильм кăтартрĕ. Паянхи çамрăксемпе аслисем хушшинчи кăткăс хутшăнусене сăнлакан телефильма Алексей Тимм сценарийĕ тăрăх Александр Бланк кинорежиссер лартнă. Унти тĕп рольсенчен пĕрне — Женя рольне — Шупашкарта çуралса ÿснĕ чăваш хĕрачи Лариса Павлова вылярĕ. Маларах куракансем унăн пултарулăхĕпе «Роковая ошибка» кинофильмра паллашнăччĕ. Вăл унта тĕп рольте пулнăччĕ.

**А. СНЕЖИНИН.**

**АМУР ОБЛАÇĔ.** Байкалпа Амур магистралĕ çинче пассажирсем ипсе çÿрекен çĕнĕ маршрутсем уçăлнă. Красноярск—Усть-Кут—Амур çинчи Комсомольск—Хабаровск поездпа халĕ БАМăн пĕтĕм участокĕпе тухма пулать. Пассажирсем ипсе çÿрекен составсем Нерюнгри хулинчен трассăн Хĕвеланăç участокĕ тăрăх Мускава çитеççĕ, çавна май çул çинчи вăхăт 8 сехете яхăн кĕскелнĕ. БАМ çинче çавăн пекех Тында—Февральск тата Тында—Северобайкальск маршрутсем ĕçлеме тытăннă. Кăçалхи планпа килĕшÿллĕн груз çаврăнăшĕ тăватă хут ытла ÿсмелле.

Ÿкерчĕк çинче: БАМ трасси тăрăх поездсем ытларах çÿреме тытăннă май, çулсене пăхса тăрасси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ. Çул-йĕр рабочийĕсем О. Горбунов, А. Губарь тата В. Заблоцкий Тында станцийĕн районĕнчи çулсене йĕркеллĕ тытма тăрăшаççĕ.

В. Саепин фотоÿкерчĕкĕ. (ТАСС фотохроники).

Спорт ~~~~~~~~~~~~~~~~ Спорт

## Старт хыççăн старт

«Химпром» производство пĕрлешĕвĕн манежĕнче кăçал пысăк пĕлтерĕшлĕ ăмăртусем ... пулса иртеççĕ.

Çĕршывра мала тухассисем иртнĕ эрнере кунта 15—17 çулхи ухăçсем ăмăртрĕç. Финалта 325-шер очко пухса, пĕрремĕш вырăнсене Украина ухăçисем — СССР спорт мастерĕсем Наталья Бурдейнаяпа (Одесса) Иван Казив (Черновцы хули) йышăнчĕç. Шел пулин те, ку хутĕнче призерсен шутĕнче чăваш спортсменĕсене курма пулмарĕ.

Яшсемпе хĕрсем хыççăнхи старта çитĕннĕ ухăçсем тухрĕç. Профсоюзсен Пĕтĕм Союзри ирĕклĕ физкультурăпа спорт обществин Центральнăй Совечĕ ирттерекен чемпионатра 100 ытла спортсмен ăмăртать. М-1 упражненире тĕнче чемпионки пулнă И. Солдатова, тĕнче класлă спорт мастерĕсем — Алма-Атари Я. Тунинянпа Тува автономиллĕ республикинчи Е. Тутачикова хушшинче çивĕч кĕрешÿ пычĕ. ... Казахстан тĕрне вырăнта ...

Арçынсем хушшинче халĕ те Эстони командинчи Р. Кивидо малта. Шупашкарти СССР спорт мастерĕ Ю. Алексеев — виççĕмĕш вырăнта.

**П. ПЕТРОВ.**

## Пĕр очко кăна

«Сокол» çĕршыври хоккей чемпионачĕн черетлĕ турĕсенче çĕнĕ çултан пуçласа хăнара вылянă. Юлашки икĕ турта вăл Пензăри тата Липецкри командăсемпе тĕл пулнă. Пензăра «Сокол» икĕ матчĕнче те вырăнти «Дизелиста» выляса янă — 3:6 тата 1:4.

Липецкра пĕр-пĕрне лайăх пĕлекен командăсем хушшинчи матчсем питĕ çивĕч кĕрешÿре иртнĕ. Малтанхи кун вăйă шучĕ чылайччен 1:1 пулнă. Матч вĕçленес умĕн «Трактор» «Сокол» хапхине шайба çапса кĕртнĕ. Çĕнĕшупашкарсем 1:2 шутпа выляса янă. Иккĕмĕш тĕлпулу 5:5 шутпа вĕçленнĕ.

**В. КРЫСИН.**

## Японире тата Сочире

Ăста кăна ăмăртмаççĕ пулĕ çак кунсенче пирĕн ăста спортсменсем! «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнче ĕçлекен В. Егорова, акă, иртнĕ вырсарникуя Японири Осака хулинче марафон дистанцийĕнче старта тухнă.

Пĕтĕм тĕнчери йăлана кĕнĕ çак ăмăртăва вуншал çĕршыври темиçе пин марафонец хутшăннă. Хĕрарăмсен ушкăнĕнче пĕрремĕшпе иккĕмĕш вырăнсене Португалири Роса Мота (вăл Олимп вăййисен тата тĕнче чемпионки) тата Японири Катсуо Хьюдо йышăннă. Вĕсем хыççăнах финиша чăваш хĕрĕ Валентина Егорова çитнĕ. Унăн результачĕ — 2 сехет те 29 минут та 47 секунд — Чăваш АССРĕн çĕнĕ рекорчĕ.

Çак кунсенчех Сочире хăвăрт утассипе Росси Федерацийĕн хĕллехи чемпионачĕ пулса иртнĕ. Кунта та пирĕн çăмăл атлетсем начар мар результатсем кăтартнă. Шупашкарти тĕнче класлă спорт мастерĕ Сергей Титов динамовец 20 километра 1 сехет те 24 минут та 04 çеккунтра утса тухнă, пуçласа РСФСР чемпионĕ ятне çĕнсе илнĕ. Унăн командăри юлташĕсем Анатолий Филиппова Анатолий Никитин çак дистанцирех СССР спорт мастерĕн нормативне пурнăçланă.

Ситес кăнмалли кунсенче чи вăйлă çăмăл атлетсем Челябинскри манежра çĕршывăн хĕллехи чемпионатĕнче ăмăртаççĕ.

**П. СИДОРОВ.**

## Ăнăçлă ăмăртнă

Çĕнĕ Шупашкарти ачасемпе çамрăксен 1-мĕш спорт шкулĕнче вĕренекенсем январьте Ростов облаçĕнчи Шахта хулинче кросс чупассипе Росси Федерацийĕнче мала тухассисен ирттернĕ ăмăртусене хутшăннă. Вĕсенчен виççĕшĕ Совет Союзĕнче мала тухассисен февральте Запорожьере ирттерекен ăмăртусене хутшăнма тивĕçлĕ пулнă.

8-мĕш вăтам шкулта вĕренекен Елена Шарова 1500 метра чупса пĕрремĕш вырăна тухнă. Мускаври коопераци институчĕн Шупашкарти филиалĕн пĕрремĕш курсĕнче вĕренекен Татьяна Максимова 3000 метрлă дистанцие пуринчен малтан вĕçленĕ. 9-мĕш профтехучилищĕре вĕренекен Галина Усова çак дистанцирех иккĕмĕш пулнă.

**О. ОСИН.**

Редактор **А. П. КАЗАНОВ.**

# «Янра, хуткупăс!»

**Çакăн пек ятпа иртрĕ Комсомольски районĕнчи фестиваль. Анат Тимĕрчкассинчи Культура çуртне çав кун халăх нумай пухăнчĕ. Ватăсем те, вăтам çулхисем те, çамрăксем те, вĕренекенсемпе шкул çулне çитменнисем те пур кунта. Пурте «Янра, хуткупăс!» фестиваль курма килнĕ.**

Чаршав уçăлсан, чи малтан сцена çине шурутсем тухрĕç. Тăхăр арçын, купăспа каласа, тĕрлĕ çемĕсем янратрĕç. Хурăн хуппипе ăста шăхăрни, шыв янă тĕрлĕ кĕленчесемпе, кашăксемпе усă курни номерсене тата витĕмлĕрех тума пулăшрĕ.

Лидия Михайловнăпа Николай Никитич Маковсем — пилĕк ача ашшĕ-амăшĕ. Паллах, вĕсене пур çĕре те ĕçкĕрме çăмăлах мар пулĕ. Анчах юрăташăпа туслă пулни çак мăшăра çемьере те, ĕçре те пулăшать. Николай Никитич купăспа ăста калать. Лидия Михайловна такмаксем нумай пĕлет, ташлать. Хальхинче те вĕсем курса ларакансене хăйсен пултарулăхĕпе тĕлĕнтерчĕç.

И. Т. Рябчиков та — ăста купăсçă. Такмаксем калама та, чăваш халăх юррисене юрлама та пултарать вăл. В. А. Голубев, В. А. Маков, Г. Ф. Ильин, В. А. Рябчиков, П. Г. Козлов, В. Ф. Козлов купăс каласа çынсене савăнтарчĕç.

Валентина Григорьевна Соколова — ĕç ветеранĕ, 65 çула çывхарса пырать. Мария Марласова репертуарĕнчи юрăсене юрлама пуçласан вара татах çамрăкланса, илемленсе каять.

Сергей Просвирнов — «Заветы Ильича» колхозри чи пултарулă трактористсенчен пĕри. Пушă вăхăтра вăл алла хуткупăс тытать, аслăмлă кĕвĕ тĕнчин тытăнне лекет. Ялти Культура çуртĕн сцени çинче вĕсем мăшăрĕпе сахал мар юрă юрласа çынсене савăнтарнă.

## ХАЛĂХ ПУЛТАРУЛĂХĔ

Фестивальте вăл, хĕех купăс каласа, «Сакки те сарă сарлака», «Ăста каян, чĕкеç, çумăр витĕр» тата ытти юрăсене шăрантарчĕ.

Таня Шуряшкина ачаранах юрă-кĕвĕпе туслă. Вăл шкулта чухнех хăй тĕллĕн купăс калама вĕреннĕ, районта тата республикăра юрăççен конкурсĕсене хутшăннă.

Сцена çинче — асанкассисем. Халăх инструменчĕсен ансамблĕ кĕвĕ хыççăн кĕвĕ калать. Курса ларакансене Маргидановсен çемье ансамблĕ, Елена Маштанова такмаксем леççĕ, туслăн пÿрăнаççĕ. Çакă вĕсем хатĕрленĕ номерсенчен те аван курăнчĕ. Мансалим Фаряхов, Альфат Идрисов, Ферит Зиятуллин вонн-интернационалистсем юратупа мар тата туслăх çинчен тутарла юрларĕç, шÿтлĕ ташă ташласа пачĕç.

Сцена çине Хирти Явăшри вăтам шкул директорĕ В. М. Яковлев виççĕмĕш класра вĕренекен хĕрĕпе — Надьăпа тухрĕ. Надя пĕр аркăллă чăваш кĕпипе, умне шурă саппун çакнă, пуçĕнче — тухья. Ашшĕ купăс калать, усă саслă хĕрĕ каласа-юрласа савăнтарчĕç.

Киров поселокĕнчи Галина Филипповăпа Галина Сожаева та такмаксем калама ăста. Вĕсем пуканесен ансамблĕн вăййине кулăшла та интереслĕ кăтартрĕç.

«Дружба» колхозра чăвашсемпе тутарсем килĕштерсе ĕçлесе пурăнаççĕ. Такмак каласа юрлать.

«Красный Октябрь» колхозран килнĕ артистсем те пысăк пултарулăхпа паларчĕç.

Владимир Моторин «Заря» колхозри «Çамрăксен модĕ» кооператива ертсе пырать. Вал юрă-ташăпа туслă. Унăн аллинче купăс выляса çеç тăрать. Володьăн мăшăрĕпе йăмăкĕ — икĕ Вера — хитрен такмаклаççĕ. Тукайри Прокопьевсен çемье ансамблĕ «Шăпчăк юрри» юрларĕ.

Юлашкинчен жюри итогсене пĕтĕмлетрĕ. Çемье ансамблĕсем хушшинче Шуряшкинсемпе Моторинсем чи пултаруллисем пулчĕç. Купăсçăсенчен Сергей Просвирнов, Сергей Алексеев, Анатолий Школьников пĕрремĕш-виççĕмĕш вырăнсене йышăнчĕç. Такмакçăсенчен Киров поселокĕнчи пуканесен ансамблне тата Шурутри Илья Рябчикова çитекенни пулмарĕ.

Халăх инструменчĕсен ансамблĕсенчен шурутсем, асанкассисем тата «Дружба» колхозри кашăкçăсем паларчĕç.

**З. СОЛОВЬЕВА.**

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, паян кăнтăрла пирĕн республикăра улшăнса тăракан пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, кăштах юр çăвать, тăман вĕçтерет. Çил кăнтăр-хĕвеланăçĕнчен çеккунтра 3—8 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури 2—7, Шупашкарта 4 градуса çити сивĕ пулать.

Кун тăрăшшĕ 8 сехет те 36 минут. Хĕвел 17 сехет те 2 минутра анать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

### КĔÇНЕРНИКУН

### ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — Мультфильмсем.
9.05 Фильм-концерт.
10.05 — Ача-пăча сехечĕ (акăлчанла).
11.05 — «Двенадцать стульев». Тăватă сериллĕ илемлĕ телефильм. 4 сери.
12.25 — Коллаж.
12.30 — Вăхăт. ТСН.
13.00 — Концерт-очерк.
15.30 — Концерт.
15.50 — «Солдатские мемуары». 1-мĕш фильм — «Истребитель танков».
17.05 — Халăх кĕввисем.
17.20 — Валерий Балабанов планети.
17.50 — Фильм-концерт.
18.30 — Вăхăт. ТСН.
19.00 — 16 тултарманнисем тата унтан аслăраххисем.
19.40 — «Двенадцать стульев». Тăватă сериллĕ илемлĕ телефильм. 4 сери.
21.00 — Вăхăт. ТСН.
21.30 — Çивĕч ыйтупа илнĕ интервью.
21.40 — «КВН—89». Финал Январĕн 1-мĕшĕнче панă передача.
22.35 — «Литературная Россия» хаçатри материалсемпе паллаштараççĕ.
22.50 — П. И. Чайковскин виççĕмĕш симфонийĕ.
23.50 — ТСН.

### ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — Наукăллă-популярлă фильм.
8.35 — 11.05 — Вĕренÿ передачисем.
11.05 — Атте, анне тата эпĕ.
12.05 — Документлă телефильм.
13.30 — Ритмикăллă гимнастика.
14.00 — «Хлеб — имя существительное». Телефильм. 8 сери.
17.00 — Мультфильм.
17.20 — Республика кунĕ (Шуп.).
17.30 — Чăваш АССР халăх контроль комитетĕнче. (Шуп.).
17.45 — Республика кунĕ (Шуп.).
17.55 — Хĕрарăмсем валли. «Сеннер тăпел». (Шуп.).
18.00 — Ритмикăллă гимнастика.
18.30 — Вăхăт. ТСН (сурдокуçарупа).
19.00 — Фигурăсем туса ярăнасси. Европа чемпионачĕ. Ленинградран.
20.00 — Ыра кас пултăр, ачасем!
20.15 — «Мир Пастернака». 2-мĕш передача.
21.15 — Павел Флоренский çинчен.
21.30 — «Дама с собачкой». Илемлĕ фильм.
23.00 — «Юрмала—90». Совет эстрадин юррисене юрлакан çамрăк юрăçсен Пĕтĕм Союзри V конкурсĕн регионти тапхăрĕ. Горькирен.

## РАДИО

### КĔÇНЕРНИКУН

### ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар çыннисем валли. 6.30 — «Вис минутсăр çур сехет». Информаципе публицистика программи. 156-мĕш Муркаш суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатпа В. Г. Даниловпа калаçни. 6.55 — Пĕлтерÿсем. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — 7.30 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 16.30 — 17.30 — «Клавиши, клавиши». (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем 18.12 Ачасем валли. «Хăрушла урок». Радиопостановка. 18.25 — Республика хыпарĕсем. 18.35— Сăмахăм — парти çинчен. Усă радиопуху. 19.00 — 19.45 — Мускав передачисем. 19.45 — Халăха контроллесе тăма. 20.10 — 20.45 — А. Токарев, 5-мĕш симфони.

## ТЕАТР

**К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ** — февралĕн 1-мĕшĕнче «Качча каяссăм килет» комеди, февралĕн 2-мĕшĕнче «Амантнă чун» драма, февралĕн 3-мĕшĕнче «Айдао» драма.

**ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ** — февралĕн 1-мĕшĕнче «Тысяча и одна ночь» балет, февралĕн 2-мĕшĕнче «Шывармань» опера, февралĕн 4-мĕшĕнче 11 сехетре «Щелкунчик» балет.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Люби и верь» 9.00, 11.45, 14.30, 17.15, 20.00. Хĕрлĕ зал: «Нечистая сила» 9.00, 11.30, 14.10, 17.00, 20.00. Кинозал: «Куланн во тьме» — 16.00, 18.00, 20.00.
«ОКТЯБРЬ» — «Люби и верь» — 10.30, 13.00, 15.30, 18.00, 20.30.
«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Смиренное кладбище» — 10.30, 12.30, 14.10, 16.30, 18.30, 20.30. Вăтам зал: «Ночные верницы» 10.00, 12.00, 14.00, 16.00, 18.00, 20.00. Пĕчĕк зал: «Побег» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00.
«МИР» — «Месть и закон» 9.00, 12.00, 15.00, 18.00, 20.15.
«СОКОЛ» — «Меня зовут Арлекино» 11.45, 17.00; «Зита и Гита» 9.00, 14.10, 19.00.
«ЛУЧ» — «Талисман» — 14.00. «Зеленый луч» — 16.00, 18.00, 20.00.
«ЮНОСТЬ» — «Кан той мушкетера» 15.00, 17.30, 20.00.
«СТРОИТЕЛЬ КЛУБ — «Жизнь по лимиту» — 16.00, 18.00, 20.00.
ВИДЕОЗАЛ (тел.: 24-37-92, 24-39-95) — «Большой улов» — 18.00.

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 23-13-05; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерÿсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 35083. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 552.